ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Февраль 4
ШĂМАТКУН
№ 25 (9704)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



## Тухăçлă кукуруза ӳстерме малтанах хатĕрленмелле

Тепĕр икĕ уйăх çурăран пирĕн уй-хирсенче çурхи ĕçсем пуçланаççĕ. Халĕ колхозсенче хĕрӳллĕ ĕçсем пыраççĕ. Колхозлă ял çыннисем Коммунистсен партийĕн ХХ-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне çуракине пур енчен те хатĕрленсе çитессишĕн тăрăшаççĕ.

Çак кунсенче кашни ялтах ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сӳтсе яваççĕ. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра совет çыннисен пурнăçне малалла лайăхлатас тĕллевпе пирĕн парти пысăк ĕçсем пурнăçлама палăртнипе колхозниксемпе колхозницăсем пурте лайăх кураççĕ. Çитес пилĕк çул хушшинче ялхуçалăхĕнче пысăк улшăнусем пулмалла. 1960 çулта тĕштырă туса илессине 11 миллиард пăта çитермелле, аш-какай туса илессине хальхинчен икĕ хут, сĕт, çĕрулми, çăм туса илессине икĕ хута яхăн ӳстермелле.

Тĕштырăпа выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем нумайрап та нумай туса илес ĕçре кукуруза акни питĕ пысăк вырăн йышăнать. Кукуруза пĕр вăхăтрах тĕштырă ыйтăвне те, выльăх апачĕ хатĕрлес ыйтăва та татса пама пулăшать. Çакна халĕ кукуруза акса курнă кашни колхозник лайăх пĕлет. Кукуруза вăл—тĕштырă, сĕт-çу, аш-какай, сало, теççĕ тухăçлă кукуруза пухса кĕртнĕ колхозсенче. Ахальтен мар Директивăсен проектĕнче кукуруза акмалли лаптăка 1960 çулта 28 миллион гектар таран ӳстерме палăртнă.

Çитес çуракине тухиччен кукуруза акма лайăххрах хатĕрленме чĕнсе, пирĕн хаçатăн паянхи номерĕнче кукуруза çинчен уйрăм страница пичетленет. Кунти материалсенчен чи малтанах çакă курăнать: хăшпĕр колхозсенче кукуруза начар пулнă, çав хушăрах чылай колхозсем пĕлтĕр те тухăçлă кукуруза ӳстернĕ, общество̆лла выльăх-чĕрлĕх валли пиншер тонна лайăх силос хывса хăварнă. Пĕрисем тăрăшса ĕçленĕ, теприсем сӳрĕккĕн ĕçленĕ.

Пирĕн тăрăхри колхозсемшĕн кукуруза вăл, чăнах та, çĕнĕ культура. Ăна нумай ĕçсе тăвасси пĕлтĕртен çеç пуçланчĕ. Çавăнпа çав культурăна акса тăвас ĕçре йăнăшсем те нумай пулнă, пытармалли çук, хăшпĕр çĕрте ăна хакламанни те уççăнах палăрчĕ.

Кукуруза япăх пулнă çĕрте колхоз руководителĕсем пĕтĕм сăлтава çанталăк çине йăвантараççĕ. Чăнах та, пĕлтĕрхи çанталăк кукурузăшăн питех килĕшӳллĕ пулмарĕ. Акнă хыççăн — сивĕ тăчĕ, кĕр çитеспе—тăм тиврĕ. Çакă вăл кукурузăна ӳсме те, пухса кĕртме те кансĕрлерĕ ĕнтĕ. Анчах пĕтĕм сăлтава çанталăк çине йăвантарни тĕрĕс мар, мĕншĕн тесен хăшпĕр çĕрте пĕр пек условисенчех кукуруза тухăçлăхĕ тĕрлĕрен пулчĕ.

Сăмахран, Муркаш районĕнчи «Красное Сормово» колхоза илер. Пĕлтĕр кунти иккĕмĕш бригада хăйĕн участокĕнчен кашни гектартан 200-шер центнер кукуруза çулса кĕртнĕ. Ытти бригадăсем вара гектартан 50-шар центнер та пухса илеймен. Мĕншĕн çавăн пек пысăк уйрăмлăх? Акă мĕншĕн. Иккĕмĕш бригадăри звеносем кукурузăна акнă чухне те, шăтса тухсан пăхса ӳстернĕ чухне те агротехникăлла ĕçсене лайăххрах пурнăçланă. Ытти бригадăсенче ун пек пулман. Курăнать ĕнтĕ, çанталăк çине çеç пени тĕрĕс пулмасть. Гектартан 200 центнер мар, 500—600-шер центнер е унтан та ытларах кукуруза пухса кĕртнĕ колхозсем те сахал мар пирĕн республикăра. Малта пыракансен опычĕ çакна кăтартать: юратса тата кукуруза лайăх пуласса шанса ĕçлесен, вăл пирĕн çĕр çинче кирек хăш çулта та лайăх ӳсет.

Иртнĕ çулта пирĕн республикăра пурĕ 30 пин гектара яхăн кукуруза акнă. Облаçри парторганизацин XXVI-мĕш конференцийĕ кăçал 80 пин гектартан кая мар кукуруза акмалла тесе кăтартса хăварчĕ. Ку вăл кукуруза акса тăвас тĕлĕшпе колхозсен пĕлтĕрхинчен темиçе хут нумайрах та лайăххрах ĕçлеме кирли çинчен калать. Кашни вăтам колхозăн кăçал 125 гектартан кая мар кукуруза акмалла пулать.

Кукуруза акса тăвас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем мĕн чухлĕ пысăкланнине çакăнтан та курма пулать. Вăрмар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра кукуруза акакан кашни гектар çине 40-шер тонна тислĕк кăлараççĕ. Унсăр пуçне тата культивациленĕ чухне пĕрер центнер аммиак селитрĕ, кали тăварĕ тата икшер центнер суперфосфат сапаççĕ. Çапла вара, колхозра 100 гектар кукуруза акмалла пулсан, çуракине тухиччен унăн пĕр кукуруза валли кăна 4 пин тонна тислĕк кăлармалла, 40 тонна минераллă удобренисем хатĕрлемелле.

Тухăçлă кукуруза ӳстерес тĕлĕшпе паха опыт пухнă Кольцовкăри колхозниксем çапла калаççĕ: кукурузăна тăваткал тĕмĕн лартнă чухне гектар çине эпир 22-шер килограмм вăрлăх кĕртетпĕр. Акнă чухне пĕр колхозница лакăма çĕрĕк тăпри тата пĕр ывăç суперфосфат сапса пырать, иккĕмĕш колхозница—çав удобренисене тăпрана хутăштарать, виççĕмĕшĕ вара тăватшар пĕрчĕ вăрлăх лартса пырать. Çакăнтан шутласан, кашни гектар валли 10-шар тонна, 100 гектар валли пин тоннăран кая мар çĕрĕк тăпри кирлĕ пулать.

Кукуруза валли кирлĕ чухлĕ удобренисем хатĕрлесси паян тумалли ĕç. Çакна та манмалла мар: удобренисем кукуруза валли çеç мар, çĕрулмипе кантăр тата тулă акмалли вырăна çемçетме те нумай кирлĕ. Çавăнпа удобренисем хатĕрлес ĕç халĕ кашни колхозрах чи малти вырăнта тăмалла, мĕнпур майсемпе удобренисем нумайрах хатĕрлеме тăрăшмалла. Кам та кам удобренисемшĕн тăрăшмасть—вăл кукуруза акса тума шутламасть, вăйлă тырпул туса илессишĕн кĕрешмест. Колхоз председателĕсемпе бригадирсен паянхи ĕçнĕ ул удобренисем мĕн чухлĕ кăларнине кура хакламалла.

Тухăçлă кукуруза ӳстерме ĕç вăйĕ нумай кирлĕ. Кукуруза мастерĕсем çапла калаççĕ: пысăк тухăçлă кукуруза ӳстерес тесен, кукуруза акнă участока çу каçиччен кăпкалатса тăмалла, калчасене апат памалла, çумкурăксенчен тасатмалла. Çавăнпа кукуруза уйĕнче ĕçлеме ӳркенмен колхозниксемпе колхозницăсене уйăрсан кăна тухăçлă кукуруза туса илессе шанма пулать.

Малта пыракан колхозсенче кашни бригадăрах кукуруза уйĕнче ĕçлеме уйрăм звеносем тăваççĕ. Ĕçе çавăн пек организацилени ырламалла çеç, мĕншĕн тесен ун пек чухне ответлăх та çухалмасть, обезличка та пулмасть. Звеносем туни унти колхозниксен квалификацине ӳстерме пулăшать. Кашни 10 гектар пуçне пĕрер звено организацилемелле пулсан, 100 гектар кукуруза акакан колхозра 10 звено кирлĕ пулать. Ун пек колхозсенче 100 çынтан кая мар кукуруза патĕнче ялан ĕçлекенсем кирлĕ пулаççĕ. Кукуруза уйĕнче ĕçлеме çынсене çуракине тухсан мар, паянах уйăрса, звеносем тăрăх вырнаçтарса тухас пулать, çуракине тухиччен юлнă вăхăтра вара агрономсен вĕсене кукуруза агротехникипе тĕплĕн паллаштарас пулать.

Кукуруза агротехники тĕлĕшпе пĕлтĕр ялхуçалăх министерстви енчен тĕрĕс мар сĕнни те пулнă. Сăмахран, кукурузăна 8—10 сантиметр тарăнăшне акмалла тесе кăтартса пани практикăлла ĕçпе çыхăнмасть. Кукуруза мастерĕсем урăхла сĕнеççĕ. 4—6 сантиметр тарăнăшне аксан пирĕн уйсенче кукуруза хăвăртрах тата паркарах шăтса тухать, теççĕ вĕсем. Колхозниксене кукуруза агротехникипе паллаштарнă чухне колхоз агрономĕсен чи малтанах малта пыракансен опычĕсене шута илес пулать. Пирĕншĕн кукуруза халлĕхе çĕнĕ культура пулса тăнă май, ăна акса тăвас ĕçре малта пыракансен опычĕпе агрономи науки вĕрентнисене пурнăçлани нимĕнрен ытла кирлĕ.

Юлташсем! Колхозниксемпе колхозницăсем, механизаторсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем! КПСС ХХ-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ кашни совет çыннине Тăван çĕршыва малалла вăйлатассишĕн кĕрешме хавхалантарать. Социализмла ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе лартнă задачăна пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлер, çитес çуракине лайăх иртттерме пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитер.

### Республикăри колхозсем 1956 çулхи январь уйăхĕн виççĕмĕш вунăкунлăхĕнче кашни ĕнерен мĕн чухлĕ сĕт суса илнине кăтартни

| | литрпа | | литрпа |
|---|---|---|---|
| 1. Çĕрпӳ | 43,5 | 16. Шăхасан | 23,5 |
| 2. Улатăр | 42,9 | 17. Канаш | 21,6 |
| 3. Вăрнар | 42,0 | 18. Хĕрлĕ Чутай | 21,3 |
| 4. Чкаловски | 38,4 | 19. Шăмăршă | 21,0 |
| 5. Çĕмĕрле | 34,8 | 20. Чурачăк | 20,5 |
| 6. Елчĕк | 33,6 | 21. Элĕк | 20,1 |
| 7. Етĕрне | 33,4 | 22. Сĕнтĕр | 20,1 |
| 8. Муркаш | 30,4 | 23. Кувакино | 19,7 |
| 9. Комсомольски | 27,5 | 24. Пăрачкав | 19,6 |
| 10. Красноармейски | 27,2 | 25. Советски | 19,2 |
| 11. Первомайски | 26,9 | 26. Октябрьски | 18,6 |
| 12. Шупашкар | 26,4 | 27. Вăрмар | 18,0 |
| 13. Йĕпреç | 25,5 | 28. Тăвай | 17,7 |
| 14. Калинино | 24,3 | 29. Сĕнтĕрвăрри | 16,7 |
| 15. Ишлей | 24,0 | 30. Куславкка | 13,7 |



## Климент Ефремович ВОРОШИЛОВ юлташа

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ Сире, аслă Ленинăн шанчăклă ученикне, Коммунистсен партийĕпе Совет государствин паллă деятелĕсенчен пĕрне — Эсир çитмĕл пилĕк çул тултарнă кун хĕрӳллĕн саламлаççĕ.

Çамрăклах революци çулĕ çине тăрса, Эсир хăвăрăн ăнланулă пĕтĕм пурнăçа рабочи класс ĕçĕшĕн, помещиксемпе капиталистсен пусмăрне хирĕç пынă кĕрешĕве пăхăнтартăр. Эсир Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтерĕвĕшĕн, çĕршывăн оборона пултарулăхне тĕреклетессишĕн пынă кĕрешӳре тата Совет государствин строительствинче тунă тава тивĕçлĕ ĕçсене Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕ пысăка хурса хаклаççĕ.

Парти, государство тата çар ĕçĕн пур вырăнĕсенче те Эсир, яланах хастарлă пулса, хăвăрăн пĕтĕм вăя, пĕлӳсене тата пурнăçри пуян опыта коммунизмла общество тăвас аслă ĕçе парса пытăр, халĕ те паратăр.

Сире, пирĕн тусăмăр тата юлташăмăр, пирĕн хаклă Климент Ефремович, нумай çулсем хушши сывă пурăнма тата пирĕн çĕршыври халăхсен ырлăхĕшĕн, коммунизм идейисен çĕнтерĕвĕшĕн ăнăçлă ĕçлеме пĕтĕм чĕререн ыра сунатпăр.

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔ.

ССР СОЮЗĔН МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ.

*СССР Верховнăй Совет Президиумĕн*

*УКАЗĔ*

## К. Е. Ворошилов юлташа Совет Союзĕн Геройĕ ятне парасси çинчен

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов юлташ Совет государствине хутĕлес ĕçре тава тивĕçлĕ пысăк ĕçсем тунине-палăртса, Климент Ефремович Ворошилов юлташа Ленин орденĕпе **«Ылтăн Çăлтăр»** медаль парса, Совет Союзĕн Геройĕ ятне парас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн Заместителĕ **М. ТАРАСОВ.**

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ **Н. ПЕГОВ.**

Мускав, Кремль. 1956 çулхи февралĕн 3-мĕшĕ.

## КПСС ХХ-мĕш съезчĕ умĕн

### Иртнĕ çулхинчен тухăçлăрах ĕçлетпĕр

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра Çĕмĕрлери сĕтел-пукан тăвакан комбинат коллективĕн продукци туса кăларассине икĕ хут ӳстермелле. Çак задачăна чыслăн пурнăçа кĕртме мĕн кирли пурте пур. Иртнĕ пилĕкçуллăх вăхăтĕнче, 1950 çулхипе танлаштарсан, çулталăкне икĕ хут ытларах продукци туса кăларма тытăнтăмăр. Малта пыракан рабочисем Д. Фионов, В. Заикин, М. Грязнов, Г. Аксенов, В. Храмцов, Е. Беляева, Н. Еретнов, В. Митрофанова тата ытти чылай юлташсем пилĕк çул хушшинче 8—15 çул нормине тултарчĕç. Эпĕ те çак вăхăтра 15 çул нормине тултартăм. ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕпе паллашнă хыççăн, эпĕ татах та тухăçлăрах ĕçлеме сăмах патăм. Халĕ кашни сменăрах нормăна 250—280 процент тултаратăп, пĕтĕмпех пĕррремĕш сорт продукци туса кăларатăп.

КПСС ХХ-мĕш съездне тивĕçлипе кĕтсе илессишĕн цехсемпе участоксенче социализмла ăмăрту вăйланса пырать. Виççĕмĕш цех малта пырать. Вăл тăваттăмĕш уйăх ĕнтĕ комбинатăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне хăй аллинче тытса тăрать. Съезд умĕнхи ăмăртура парти пуçламăш организацийĕн секретарĕ С. Воронков юлташ ертсе пыракан участок паха тĕслĕх кăтартать. Кунта рабочисем пурте нормăна иртттерсе тултараççĕ.

Виççĕмĕш цехри комсомол пуçламăш организацийĕн секретарĕ Н. Фокин юлташ ертсе пыракан комсомолецсемпе çамрăксен бригадине предприятире пурте лайăх пĕлеççĕ. Бригадăра 9 комсомолец. Вĕсенчен Совет Çарĕнчен демобилизаци йĕркипе таврăннисем 7 çын. Н. Фокин, М. Колесов, Е. Анаковский, И. Исаев юлташсем хăйсен профессийĕ енĕпе пыракан ăмăртура кашни уйăхрах мала тухаççĕ. Н. Фокинпа М. Колесов столяра тухăçлă ĕçленĕшĕн тата пĕтĕмпех пĕрремĕш сорт продукци туса кăларнăшăн Хисеп грамотисем панă тата вĕсен ячĕсене заводри Хисеп хăми çине кĕртнĕ.

— Иртнĕ çул,—тет çамрăксен бригадин бригадирĕ Фокин юлташ, — эпĕ 2,5 çул нормине тултартăм. Çĕнĕ пилĕкçуллăхри пĕрремĕш çул нормине виçĕ хут иртттерсе тултарма пулатăп.

Пирĕн предприятири ытти çĕршер рабочисемпе работницăсем кăçал иртнĕ çулхинчен тухăçлăрах ĕçлеме тăрăшаççĕ.

**В. МЫТИКОВ.**
Виççĕмĕш цехри столяр.

## Удобренисем хатĕрлемелли уйăхлăх

ТĂВАЙ. Районта январĕн 15-мĕшĕнчен пуçласа февралĕн 15-мĕшĕччен удобренисем хатĕрлес тĕлĕшпе уйăхлăх пырать. Уйăхлăха хутшăнса, малта пыракан колхозсем вырăнти тата минераллă удобренисем хатĕрлессине чылай вăйлатрĕç. Сталин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Петров юлташ) вунă кун хушшинче уй-хире 645 тонна тислĕк кăларчĕ, 39 центнер кĕл, 19 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухрĕ. Ку колхозра удобренисем хатĕрлеме кашни бригадăна, бригадăсенче кашни колхозника уйрăм заданисем панă. Колхозниксем колхоз витисен таврашĕнчи тислĕке хире кăларнипе çеç çырлахмаççĕ, хăйсен хуçалăхĕнчен те кашниех 10—15-шер лав тислĕк турттараççĕ.

Удобренисем хатĕрлесси «Красная Чувашия» колхозра та аван пырать. Кунта вунă кун хушшинче хире 550 тонна тислĕк кăларчĕç, вырăнти удобренисем чылай пухрĕç. Çак колхозра уй-хир бригади тислĕк кăлармалли задание 150 процент таранччен тултарать пулсан, бригадира тата тислĕк хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен колхозниксене 10 процент чухлĕ ĕçкунĕ хушса тӳлеççĕ. Тислĕк хатĕрлемелли задание 150 процентран иртттерсе тултаракансене 20 процент ĕçкунĕ хушса параççĕ. Çак колхозра выльăх усракан кашни колхозник колхоз хирне 2-шер тоннăран кая мар тислĕк кăларса пама обязательство йышăннă. Обязательствăна иртттерсе пурнăçлакан колхозниксене ĕçкунĕ хушса параççĕ.

Колхозниксем халĕ хăйсен килĕсенчен колхоз хирне 200 тонна ытла тислĕк кăларчĕç те ĕнтĕ.

Ленин ячĕпе тăракан, «Социализм», «Победа» колхозсенче те юлашки кунсенче удобренисем хатĕрлесси вăйланчĕ.

Уйăхлăхăн малтанхи вунăкунлăхĕнче колхозсен хирне районĕпе 4.300 тонна ытла тислĕк турттарса кăларнă, 300 центнере яхăн кĕл пухнă.

Çапах та, уйрăм колхозсем тăрăх илес пулсан, удобренисем хатĕрлесси япăх пулса пырать-ха. Акă, Горкин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Кулаков юлташ) январĕн 15-мĕшĕпе 25-мĕшĕ хушшинче хире пĕр лав та тислĕк кăларман, кĕл те, кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ те пухман, минераллă удобренисем те кӳрсе килмен. Тĕрĕссипе илсен, колхозниксем килтех, лашасем ĕççĕрех.

«25 Октября» колхоз—районти чи пысăк колхозсенчен пĕри. Ку колхозра иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче акакан çĕрĕн кашни гектарĕ пуçне пурĕ те 1,7-шер тонна кăна тислĕк кăларнă. Халĕ, уйăхлăха хутшăнса, ку колхозăн хире 4 пин тонна тислĕк кăлармалла пулсан, çур уйăх хушшинче аран-аран 85 тонна кăларкаларĕç. Январĕн 20-мĕшĕпе 25-мĕшĕ хушшинче пĕр лав тислĕк те кăларман. Хрущев ячĕпе, Киров ячĕпе тăракан, «Звезда» колхозсенче те удобренисем хатĕрлесси начар пырать.

«Звезда» колхоз председателĕ Егоров юлташ МТС-ран иртнĕ кĕркуннеренпех ĕнтĕ торф кăларса пама экскаватор ыйтать. МТС директорĕнче «паматпăр» тесе те каламаççĕ, анчах экскаваторне те çаплах памаççĕ.

Тислĕк, минераллă удобренисем турттарма МТС колхозсене начар пулăшать, çав вăхăтрах тракторсем ахаль тăраççĕ.

Халĕ—удобренисем хатĕрлемелли чи лайăх вăхăт. Çавăнпа та çак питĕ кирлĕ ĕçе пĕтĕм вăя мобилизацилени кирлĕ.

**Г. МАТВЕЕВ.**

## Колхозниксен хастарлăхĕ ӳсет

СĔНТĔР. «Заря» колхоз ĕçченĕсем иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче паллă çитĕнӳсем турĕç. 1954 çулхипе танлаштарсан, тырпул тухăçлăхĕ икĕ хута яхăн ӳснĕ. Колхозниксене кашни ĕçкунĕ пуçне 2,5-шер килограмм тĕштырă, 1,5-шер килограмм утă-улăм тата укçа чылай валеçсе панă.

Иртнĕ çулта колхозра строительство ĕçĕсем вăйланнă. Çĕнĕрен икĕ лаша вити, икĕ ĕне вити тата выльăх-чĕрлĕх пăхакансем валли 4 общежити туса лартнă.

Колхоз ĕçченĕсем 1956 çулта тата пысăкрах ӳсĕмсем тума тăрăшаççĕ. В. Вазиковăпа Х. Сытина доярккăсем иртнĕ хуçалăх çулĕнче кашни ĕнерен 1.638-шар литр сĕт суса илнĕ, кăçал 1.800-шер литр суса илессишĕн кĕрешеççĕ.

Артель членĕсем кăçал кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илме обязательство йышăнчĕç.

Январь уйăхĕнче колхозниксем уй-хире 3.100 лав тислĕк, 2.400 лав торф кăларчĕç.

Колхоз кăçал çĕнĕрен сысна тата сурăх витисем тума палăртнă. Коммунист П. Яндараев юлташ пуçарнипе 60 колхозник строительство валли йывăç хатĕрлеме тухса кайрĕç.

**С. ИВАНОВ.**

## Уйăх планне срокчен тултарнă

Шупашкарти кондитерски фабрика коллективĕ, КПСС ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, кăçалхи производство планне декабрĕн 20-мĕшĕ, пĕррремĕш квартал планне—мартăн 25-мĕшĕ тĕлне тултарма пулчĕ. Кунпа пĕрлех ĕç тухăçлăхне планпа палăртнинчен иртттерсе 4 процент ӳстерме, продукцин хăйне ларакан хакне планпа палăртнисĕр пуçне 200 пин тенкĕлĕх йӳнетме обязательство йышăннă.

Съезд ячĕпе ĕç вахтине тăрса, фабрика коллективĕ ӳсĕм хыççăн ӳсĕм тăвать. Январь уйăхĕн планне тăватă кун малтарах тултартăмăр. Продукци туса кăлармалли задание çавăн пекех ассортиментсем енĕпе илсен те ăнăçлă пурнăçларăмăр, продукци пахалăхне лайăхлатсах пыратпăр.

Пирĕн предприятире ĕçлекенсем ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне активлăн сӳтсе яврĕç. Директивăсене тулли кăмăлпа ырларĕç.

**Б. СМОЛЕНЦЕВ.**
Фабрика директорĕ.

### ГОСУДАРСТВĂНА — ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХ ПРОДУКЧĔСЕМ

ШĂХАСАН. (Хамăр корр.). Районти чылай колхозсем партин ХХ-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне государствăна пĕрремĕш кварталшăн выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парса татма тăрăшаççĕ. Калинин ячĕпе тăракан колхоз пĕрремĕш квартала 1.895 литр сĕт памалла пулсан, февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне 2.485 литр пачĕ. Савăн пек колхозсем çак кварталшăн аш-какай та срокчен парса татрĕç.

Пĕрремĕш квартал планне срокчен тултарнă хыççăн колхозсем государствăна закуп шучĕпе выльăх-чĕрлĕх продукчĕ сутаççĕ. «Дружба» колхоз 15 центнер, Ильич ячĕпе тăракан колхоз—3 центнер аш-какай, Жданов ячĕпе тăракан колхоз 500 литр тата «Большевик» колхоз 700 литр ытла сĕт сутрĕç.

# Парти активĕн пухăвĕсем

Çак кунсенче республикăри районсемпе хуласенче парти активĕн пухăвĕсем пулса иртрĕç. Вĕсенче пуринче те ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне тĕплĕн сӳтсе явнă. Актив пухăвĕсенче тухса каланă пур коммунистсем те Директивăсен проектне пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырланă. Кунпа пĕрлех актив пухăвĕсем район е хула экономикине малалла аталантарас, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатас тата культурине ӳстерес тĕлĕшпе умра тăракан задачăсем çинчен тĕплĕн сӳтсе явнă.

### ДИРЕКТИВĂСЕН ПРОЕКЧĔ—АСЛĂ ÇĔНТЕРӲСЕН ПРОГРАММИ

— КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне, — терĕ Красноармейски районĕнчи парти активĕн пухăвĕнче «Сталинец» колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ П. Григорьев юлташ,— пирĕн колхозниксем пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырларĕç. Директивăсен проекчĕ аслă çĕнтерӳсен программи пулса тăрать. Пирĕн колхозниксем çак программăна пурнăçа кĕртессишĕн пĕтĕм вăй-хăвата парса ĕçлеме тытăнчĕç. Халĕ колхозра съезд ячĕпе социализмла ăмăрту вăйланса пырать. Суракине хатĕрленнĕ май, вăрлăхсене тасатнă, ялхуçалăх машинисене юсанă. Уй-хире 3 пин тонна торф, 3 пин тонна тислĕк тата 2 пин тонна юшкăн кăларатпăр, çĕнĕ строительство валли 300 фестметр йывăç хатĕрлетпĕр.

Сталин ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци секретарĕ П. Васильевпа «Герой» колхоз председателĕ Н. Харитонов юлташсем çапла пĕлтерчĕç: колхозниксем, хăйсен вăйĕсене шута илсе, КПСС Центральнăй Комитечĕ ялхуçалăхĕ умне лартнă задачăсене 1960 çулта мар, 1957—1958 çулсенче пурнăçлама сăмах панă.

Пухура пулнисем çавăн пекех районта ялхуçалăхĕ, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç çителĕксĕр аталанса пынине палăртрĕç, МТС фермăсенчи йывăр ĕçсене механизацилеме кирлĕ пек тăрăшманни çинчен каларĕç.

— Кăçал, çĕнĕ пилĕкçуллăхăн малтанхи çулĕнче, районта пĕлтĕрхинчен 4 хута ялăн ытларах кукуруза акмалла,— терĕ «Путь Ленина» колхоз председателĕ А. Зорин юлташ.— Анчах МТС кукуруза акса тума хатĕр-и-ха? Çук, вăл пĕр сеялка илсе килнисĕр пуçне урăх нимĕн те туман.

«Красная Шатьма» колхозри парторганизаци секретарĕ Н. Григорьев юлташ çĕнĕрен тăвакан обществăлла çуртсене витме материалсем çитменни çинчен каларĕ. Вăл çĕнĕ пилĕкçуллăхра республикăра çурт çине витмелли материалсем туса кăларассине ӳстерме сĕнчĕ. «Коммунизм» колхоз председателĕ Волков юлташ ялхуçалăхне парти райкомĕпе райисполком енчен ертсе пырассине тĕпренех лайăхлатма кирлине палăртрĕ. Колхозсен ĕçне сводкăсем тăрăх кăна хакласссине пĕтермелле, район руководителĕсен ытларах колхозсенче пулмалла, вĕсен экономикине тĕплĕн тĕпчесе вĕренмелле, массăсен творчествăлла пуçарулăхне ӳстерессишĕн тăрăшмалла, тет вăл.

### КОММУНИСТСЕН СĔНĔВĔСЕМ

Çĕмĕрле районĕнчи парти активĕн пухăвĕнче КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ çинчен КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ Н. Никитин юлташ тунă доклад тăрăх 12 çын тухса каланă. Вĕсем пурте Директивăсен проектне предприятисенчи тата колхозсенчи ĕçсыннисем пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырлани çинчен каларĕç, чылай сĕнӳсем пачĕç.

Машинăпа çул тăвакан 50-мĕш станци директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ И. Федотов юлташ пысăк юханшывсем çинче гидроэлектростанцисем тунине ырласа, пĕчĕкрех юханшывсем çинче те, сăмахран, Сăр шывĕ çинче, электростанци лартма сĕнӳ парать.

Ялсенче те, хулара та строительство ĕçĕсем сарăлсах пыраççĕ. Анчах ку ĕçе техника енĕпе ертсе пыни палăрмасть. Райисполкомăн колхозпа ял строительстви пайĕ начар ĕçлет. И. Федотов юлташ Çĕмĕрле хулинче строительствăпа монтаж управленине туса хума е «Чăвашстрой» тресчĕн прораб участокне уçма сĕнӳ парать. Малалла вăл районта строительство материалĕсем ытларах хатĕрлес ĕçе йĕркелеме кирли çинчен каларĕ. Сăмахран, Пăрачкав районĕнчи Вахмутово карьерĕнче çителĕклĕ таран чул кăларма май пур, унти ĕççене механизацилени кăна кирлĕ. Республикăри предприятисенче тимĕрбетон детальсем, шифер, известь ытларах туса кăларма тăрăшмалла. Çĕмĕрлепе Шупашкар хушшинчи шоссе çулне чул сарса тухмалла, çавна май çул тăвакан çĕнĕ станци тумалла, хулара техникăлла вăтам пĕлӳ паракан шкул уçмалла.

Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ И. Ефимов юлташ район территоринче миллион тоннăна яхăн торф усăсăр выртни çинчен каларĕ. Халлĕхе иквиçĕ колхозра кăна торф кăлараççĕ. Ăна та кĕреçепе тăваççĕ. Ефимов юлташ МТС-сенче торф кăларакан ушкăнсем тума, вĕсене машинăсемпе механизмсем пама сĕнет.

Сĕтел-пукан комбиначĕн главнăй инженерĕ М. Любанский юлташ планлакан организацисене критиклерĕ.

— Хамăр республикăра хатĕрлекен йывăça ытти республикăсемпе облаçсене нумай ăсататпăр, çав вăхăтрах пирĕн комбинат йывăça Хĕвеланăç Çĕпĕртен тата Хабаровск крайĕнчен илсе килет. Кун пек туни тĕрĕс мар,— тет Любанский юлташ.— Çак ыйтăва татса пама пире райкомăн та, КПСС обкомĕн те пулăшмалла. Сĕтел-пукан комбиначĕн коллективĕ иртнĕ пилĕк çуллăх плана срокчен тултарчĕ. КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сӳтсе явнă май, комбинат коллективĕ 1956 çулхи плана декабрĕн 25-мĕшĕ тĕлне тултарма, плантан иртгерсе 2 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларма обязательство илчĕ. Пирĕн коллектив ăна чыслăн пурнăçлĕ.

«Комбинат» тата «1 Мая» колхоз председателĕсем И. Моисеевпа О. Юрчкова юлташсем ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçре чăрмавсем пуррине кăтартса пачĕç.

— Кашни колхозрах хăйне уйрăм ĕç норми тунă,— тет Моисеев юлташ.— Кам мĕнле пĕлет, çавăн пек тӳлет. Ялхуçалăх артелĕн Уставне колхоз пуçлансанах тунă, паян та унпах пурăнатпăр. Унти чылай положенисем кивелнĕ ĕнтĕ.

Шăхасан районĕнчи парти активĕн пухăвĕнче «Красный Октябрь» колхоз председателĕ Чикмяков юлташ кăçалтан пуçласа колхозра кирпĕч тума палăртни çинчен, анчах çак ĕçе лайăх йĕркелеме оборудовани çукки чăрмантарни çинчен каларĕ. Вăл кирпĕч тума оборудовани, техникăлла культурăсем çапса-тылламалли машинăсем, электрооборудовани, тимĕрçĕ лаççисем валли кирлĕ инструментсем тата ялхуçалăх машинисем валли запаслă пайсем ытларах туса кăларма сĕнет.

МТС-ăн главнăй агрономĕ Тюмеров юлташ колхозсене минераллă удобренисем туянма ссуда нумайрах уйăрса пама кирли çинчен каларĕ. Вăл ансăр ретлĕ машинăсем ытларах туса кăларма сĕнчĕ.

Коммунистсем район территорийĕнчи чугун çулăн уйрăм участокĕсенче таварсем тиесе пушатмалли площадкăсем тума, трахома чирĕнчен сыватма район центрĕнче стационар уçма, хулари организацисемпе предприятисем енчен колхозсене шефа илессине лайăхлатма сĕнчĕ.

### ЯЛХУÇАЛĂХНЕ МАЛАЛЛА ХАВАТЛĂН АТАЛАНТАРАССИШĔН

Тăвай районĕнчи парти активĕн пухăвĕнче Молотов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Е. Молгачев юлташ çапла каларĕ:

— Директивăсен проектне сӳтсе явнă хыççăн хамăр колхозăн малашлăхне пăхса тухрăмăр. Пысăк тухăçлă тырпул туса илме тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем ытларах та ытларах хатĕрлеме пирĕн пысăк майсем пур. Выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хума кăçал 230 гектар кукуруза акатпăр, çĕртме пуççипе анлăн усă куратпăр. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра выльăх-чĕрлĕх витисемпе хуçалăхри ытти çуртсене çĕнĕрен, пурне те пĕр вырăна лартатпăр. Строительство ĕçĕсен проектне туса хатĕрленĕ.

Колхозсене строительство енĕпе пулăшма бетономешалкăсем, крансем, куçса çӳрекен электростанцисем ытларах тумалла.

«Красная Чувашия» колхоз председателĕ А. Алексеев юлташ артель членĕсен политикăлла тата производствăлла активлăхĕ куллен ӳссе пыни çинчен каларĕ.

«Горьковская коммуна» колхоз агрономĕ Г. Куракин юлташ МТС дирекцийĕ колхозсемпе тунă договорти обязательствăсене начар пурнăçлани çинчен каларĕ.

Н. Хаймуллин юлташ Кĕршери черепица заводĕнче кирпĕч тăвассине икĕ хут ӳстерме, Кĕтне шывĕ тăрăх сулă юхтарассине йĕркелеме сĕнчĕ.

— Пирĕн колхоз ĕçченĕсем, — терĕ Йĕпреç районĕнчи парти активĕн пухăвĕнче Крупская ячĕпе тăракан колхоз агрономĕ О. Тенюшева юлташ,— çĕнĕ пилĕкçуллăхра ялхуçалăхне вăйлăн аталантарма палăртнишĕн пĕтĕм чунтан-чĕререн савăнаççĕ. Колхоз юлашки ик-виçĕ уйăхра ĕнесенчен сĕт суса илессине чылай ӳстерчĕ. Фермăсене лайăх кадрсемпе çирĕплетнĕ. Анчах халĕ сыснасем ĕрчетес тĕлĕшпе юлса пыратпăр-ха. Халиччен эпир сысна ферминче пысăк тупăш илме май пурри çинчен тĕплĕн шухăшламан. Пĕр сысна ами çулталăкра 6 пин тенкĕ ытла тупăш пама пултарать. Халĕ пирĕн колхозниксем çуракине тĕплĕн хатĕрленсе çитессишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ.

— Улттăмĕш пилĕкçуллăхра, — тет МТС механикĕ С. Валуев юлташ,— пирĕн МТС çĕнĕ техникăпа пуянланать. Анчах эпир, механизаторсем, техникăпа пĕлсе тата туллин усă курма вĕренсе çитменха. Тырпул пухса кĕртнĕ чухне пысăк тăкаксем тăватпăр, уй-хир ĕçĕсене вăраха тăсатпăр. Малашне пирĕн тырпула çулса пултарса пухса кĕртме тытăнмалла.

Пирĕн коллектив çак кунсенче уйрăмах пысăк çĕкленӳпе ĕçлет. Эпир партин XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне трактортан кăкарса ĕçлемелли машинăсене тата мĕнпур тракторсен 80 процентне юсама сăмах патăмăр.

«Красный партизан» колхоз председателĕ М. Ятманов юлташ комбайнсене тата техникăлла культурăсене пухса кĕртмелли ытти машинăсене конструкци енчен лайăхлатма кирли çинчен каларĕ.

Пухура тухса каланă коммунистсем çĕнĕ пилĕкçуллăх задачисене срокчен пурнăçлама хатĕр пулнине уççăн кăтартса пачĕç.

# Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен хисеплĕ ĕçĕ

КПСС XX-мĕш съезчĕ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне ĕççыннисем пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕç. Вĕсем хамăрăн социализмла Тăван çĕршыва малалла вăйлатса чечеклентермелли аслă программăпа тĕплĕнрех паллашасшăн, улттăмĕш пилĕк çуллăх планра кăларса тăратнă задачăсене лайăхрах ăнланса илесшĕн. Анчах Муркаш районĕнчи культурăпа çутĕç учрежденийĕсем ĕççыннисене политикăлла пысăк пĕлтерĕшлĕ документпа — Директивăсен проекчĕпе паллаштарас тĕлĕшпе хăйсен пуçарулăхне палăртсах каймаççĕ.

Акă, районти библиотекăнах илер. Çак учреждение район центрĕнчи рабочисемпе служащисем тата колхозниксем сахал мар çӳреççĕ. Библиотекăн тивĕçĕ—вулакансем хушшинче тăтăшах тĕрлĕрен массăлла ĕçсем ирттересси, вĕсене партипе правительствăн решенийĕсемпе, хамăр çĕршывра пулса иртекен политикăлла событисемпе çийĕнчех паллаштарасси пулать. Сăмахран, вулакансене Директивăсен проекчĕпе паллаштарас шутпа хаçат витринисем, хаçатсенче пичетленсе тухакан паллă материалсен папкине, улттăмĕш пилĕк çуллăхра промышленноçпа ялхуçалăхĕнче тата культура строительствинче тума палăртнă ӳсĕмсем çинчен калакан плакатсемпе диаграммăсем, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра тунă ситĕнӳсем çинчен калакан кĕнекесен выставкисем тума, Директивăсен проектне вулакансем хушшинче ушкăнпа сӳтсе явассине организацилеме тата ыттине те тума пулать. Анчах çакăн пек мероприятисем ирттерессi çинчен библиотека работникĕсем аса та илмеççĕ.

Библиотека январь уйăхĕнче вулакансемпе нимĕнле мероприяти те ирттермен. Унăн ĕç планĕ те çук. Кунта вулакансене кĕнекесем улăштарса пани кăна сырлахса пурăнаççĕ. Библиотека заведующийĕ М. Мартынова юлташ вулакансемпе начар ĕçленине условисем çуккипе ăнлантарать. Чăн та, библиотека çуртĕнче вулакансемпе ĕçлеме пӳлĕмсем çителĕклĕ мар, анчах çак йывăрлăхран çăмăллăнах тухма пулать. Библиотека массăлла мероприятисене районти Культура çуртĕнче те ирттерме пултарать, иккĕшĕ пĕр-пĕрине çывăхрах лараççĕ. Çавна тума библиотека работникĕсене ĕçре пуçарулăх çукки кăна чăрмантарать. Çитменнине библиотекăна каçхине 7 сехетрех хупаççĕ.

Вулав çурчĕсен ĕçĕнче те пысăк çитменлĕхсем пур. Чылайăшĕ КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕпе ĕççыннисене паллаштарас енĕпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Ятманкассинчи вулав çурчĕ, Директивăсен проекчĕсене пĕр хутчен ушкăнпа вуланисĕр пуçне, урăх нимĕнле мероприяти те ирттермен. Çатракассинчи вулав çуртĕнче те çавăн евĕрлех. Унăн заведующийĕ Ильина юлташ вунă кун хушшинче Директивăсен проекчĕ çинчен сысна фермине ĕçлекенсемпе çеç икĕ калаçу ирттернĕ.

Районти культура пайĕн ялсенчи культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçне вăйлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла, вĕсене КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ çинчен ĕççыннисене ăнлантарса парас ĕçе активлăн хутшăнтармалла.

(Хамăр корр.).

# Депутатсен отчечĕсем

СĔНТĔР. Нумаях пулмасть район Совечĕн депутачĕ, райисполком председателĕн заместителĕ Комаков юлташ Чурикасси суйлав округĕнчи Чурикасси, Коракасси, Çĕлеменкасси, Макçикасси ялĕсене кĕрекен суйлавçăсем умĕнче райсовет исполкомĕн 1955 çулхи ĕçĕсем çинчен отчет туса панă.

Депутат тата тухса каланă суйлавçăсем иртнĕ çулта райсовет исполкомĕ колхозсене ертсе пырас ĕçе лайăхлатнине палăртнă. Тырпул тухăçлăхне ӳстерессишĕн, выльăхран ытларах продукци илессишĕн кĕрешсе, «Заря», «Çĕнĕ Юнга», «Колос», «Коммунизм» колхозсем хăшпĕр ӳсĕмсем тунă: вăтам шутпа кашни гектартан 12—14 центнер таран тĕштырă пуçтарса кĕртнĕ, кашни ĕнерен 1.050—1.200-шер литр сĕт суса илнĕ.

Çавăнпа пĕрлех отчет тăрăх тухса калакансем райсовет исполкомĕнче ĕçлекенсем колхоз производствине начар пĕлнине, уй-хир бригадисемпе выльăх-чĕрлĕх фермисенче сахал пулнине, малта пыраканссен опытне сарас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленине кăтартса панă.

С. ГОРЛАНОВ.

* * *

ЭЛĔК. «Правда» колхоз клубĕнче район Совечĕн депутачĕ С. Шлябин юлташ Юманлăх суйлав округĕнчи суйлавçăсене район Совечĕн ĕçĕсем çинчен отчет туса панă.

Депутат КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн решенийĕсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе суйлавçăсем панă наказсене район Совечĕ мĕнле пурнăçлани çинчен каласа панă. Иртнĕ çулта районта юлса пыракан колхозсене председательсем пулса ĕçлеме вăтăр пин шучĕпе 10 çын янă. Район Совечĕн тата ял Совечĕсен организаторла ĕçĕсене лайăхлатнă.

Районта юлса пынă «Самолет», Карл Маркс ячĕпе тăракан, Молотов ячĕпе тăракан колхозсем 1955 çулта хуçалăхпа организаци тĕлĕшĕнчен чылай çирĕпленнĕ. «Самолет» колхоз пĕлтĕр, 1953 çулхипе танлаштарсан, тĕштырă кашни гектартан 4-шар центнер, сĕт кашни ĕнерен 667-шер литр ытларах суса илнĕ, унăн укçа-тенкĕ тупăшĕ 71 пинрен 800 пине çитнĕ.

Район Совечĕ суйлавçăсем панă 67 наказран 31-шне пурнăçланă, халĕ ытти наказсене пурнăçлас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

Депутат колхозниксем умĕнче хальхи вăхăтра тăракан задачăсем çинчен те чарăнса тăнă. Вăл районти колхозсем çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе мĕнле ĕçсем тунине, ку ĕçри çитменлĕхсене кăтартса панă.

Отчет тăрăх суйлавçăсем тухса каланă. Вĕсем райсовет исполкомне çитменлĕхсемшĕн критикленĕ. М. Еремеев суйлавçă райпланпа райтоп суйлавçăсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме тăрăшманнипе палăртнă. Райплан вăрман фондне тĕрĕс валеçмест, ку ĕçре йăнăшсем тăвать. Суйлавçăсем Элĕкпе Калинино хушшинчи çул çинчи кĕперсене юсаманни колхозсемпе суту-илӳ организацийĕсене пысăк чăрмав кӳни çинчен каланă.

Суйлавçăсем депутата чылай сĕнӳсем панă.

А. ОРЛОВ.

РЕСПУБЛИКĂРИ МТС-сенче ТРАКТОРСЕМПЕ ПЛУГСЕМ ТАТА СЕЯЛКАСЕМПЕ КУЛЬТИВАТОРСЕМ ЮСАС ĔÇ МЕНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН

СВОДКА

(Январĕн 31-мĕшĕ тĕлне, процентпа)

| МТС-сем | Тракторсем юсанă | Плугсем юсанă | Сеялкăсем юсанă | Культиваторсем юсанă |
|---|---|---|---|---|
| Улатăр | 67,1 | 44,5 | 79,4 | 36,1 |
| Элĕк | 62,7 | 15,6 | 53,1 | 49,1 |
| Вăрнар | 55,1 | 27,5 | 36,1 | 60,3 |
| Йĕпреç | 65,3 | 50,0 | 87,1 | 90,4 |
| Ишлей | 52,4 | 28,7 | 27,5 | 47,7 |
| Калинино | 43,3 | 28,1 | 44,0 | 55,3 |
| Канаш | 51,6 | 40,5 | 62,9 | 51,6 |
| Куславкка | 67,9 | 32,7 | 61,7 | 61,5 |
| Комсомольски | 65,5 | 59,1 | 109,4 | 106,1 |
| Красноармейски | 58,8 | 41,0 | 58,3 | 82,3 |
| Хĕрлĕ Чутай | 65,2 | 43,7 | 46,6 | 50,8 |
| Кувакино | 95,5 | 64,1 | 96,8 | 108,8 |
| Сĕнтĕрвăрри | 46,3 | 25,6 | 40,0 | 38,2 |
| Муркаш | 44,0 | 31,3 | 39,5 | 59,1 |
| Октябрьски | 58,9 | 47,1 | 97,8 | 89,7 |
| Первомайски | 66,6 | 34,3 | 66,6 | 56,6 |
| Пăрачкав | 65,7 | 57,8 | 52,0 | 88,8 |
| Сиява | 43,9 | 50,0 | 107,1 | 130,7 |
| Советски | 79,2 | 42,0 | 37,2 | 81,5 |
| Сĕнтĕр | 72,5 | 95,2 | 117,5 | 108,1 |
| Сурмайдан | 48,7 | 21,4 | 36,6 | 27,5 |
| Вăрмар | 63,1 | 38,4 | 36,0 | 51,3 |
| Çĕрпӳ | 41,8 | 29,0 | 57,6 | 37,9 |
| Шупашкар | 37,5 | 45,9 | 68,0 | 52,1 |
| Чкаловски | 112,0 | 67,0 | 109,0 | 92,8 |
| Чурачăк | 60,0 | 69,3 | 98,2 | 94,9 |
| Шăмăршă | 51,7 | 27,5 | 45,8 | 44,4 |
| Шăхасан | 97,5 | 50,9 | 93,3 | 71,0 |
| Çĕмĕрле | 56,8 | 17,2 | 41,6 | 41,0 |
| Етĕрне | 78,1 | 38,4 | 35,7 | 67,4 |
| Елчĕк | 73,4 | 49,0 | 67,7 | 64,5 |
| Тăвай | 61,9 | 17,5 | 62,9 | 68,2 |

### УКÇА-ТЕНКĔ ПУХАС ĔÇЕ ВĂЙЛАТМАЛЛА

КӲКЕÇ. Шупашкар районĕнчи Шĕнерпуç, Апаш, Шăнкас, Заводски, Хыркасси ял Совечĕсем çултан-çулах финанс планне пур енĕпе те тултарса пыраççĕ. Шĕнерпуç ял Совечĕ 1955 çулхи финанс планне 115,5 процент тултарнă. Çак ял Советне кĕрекен «Гвардеец» колхоз государство умĕнчи укçа-тенкĕ парăмне пĕтĕмпех срокченех тӳлесе татнă.

Анчах районти хăшпĕр ял Совечĕсем укçа-тенкĕ пухас тĕлĕшпе чăтма çук юлса пыраççĕ. Кӳкеç ял Совечĕ ку тарана çитсе те 1955 çулхи IV-мĕш кварталти финанс планне тултарман. Ял Совет председателĕ Порфирьев, налог агенчĕ Данилова юлташсем укçа-тенкĕ пухмаççĕ, пĕр-пĕрин çине шанса лараççĕ. Ял Совечĕн яланхи бюджет комиссийĕ те ĕçлемест.

Ф. МАРКОВ.

### *Куславкка районĕнче*

**Завод колхозсене пулăшать.** Çуртсем тăвакан завод районти колхозсене обществăлла хуçалăха вăйлатма пулăшать. Юлашки вăхăтра çеç ялхуçалăх артелĕсене виçĕ пин кубометр хăма, 10 пин тенкĕлĕх ытла тĕрлĕ оборудовани, 3 пин тенкĕлĕх ытла парник рамисем парса пулăшнă.

**Колхозри строительство.** Суворов ячĕпе тăракан колхозра çурт-йĕр чылай тăваççĕ. Нумаях пулмасть 50 пăру усрама çĕнĕ вите туса лартнă. Халĕ кунта парниксем тăваççĕ. Кăçал çавăн пекех ĕне тата сурăх витисем, икĕ силос траншеи тума палăртнă. Кунта ятарласа хăма çуракан рама вырнаçтарса лартаççĕ.

**Предприятири драма кружокĕ.** Çуртсем тăвакан заводри драмкружок коллективĕ юлашки вăхăтра район центрĕнчи Культура çуртĕнче, рабочисен клубĕнче тата çывăхри колхозсенче вунă спектакль кăтартнă. Спектакльсене ĕçсыннисем нумай пырса курнă.

Драма кружокĕ репертуара çĕнетсех пырать. Çак кунсенче вăл заводри клуб сцени çинче В. Шкваркинăн «Простая девушка» ятлă комедие выляса кăтартрĕ.

**Пионерсен çуртĕнче.** Политехникăлла вĕренĕве пурнăçа кĕртес енĕпе Пионерсен çурчĕ районти шкулсене активлăн пулăшать. Халĕ кунта шкулсенче вĕренекенсем валли мотоциклет, радиотехника, фотографи тата ытти кружоксем ĕçлеççĕ, çитес кунсенче çĕвĕ ĕçĕпе ытти тĕрлĕ алă ĕçĕсене вĕренмелли кружоксем организацилеççĕ.

М. АЛЕКСАНДРОВ.

# Çитес икĕ çул хушшинче çĕрулмипе пахча çимĕç нумайран та нумай туса илер

Паян «Правда» хаçатра КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ «Çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тата хатĕрлессине ӳстересси çинчен» йышăннă постановлени пичетленет. Çак постановлени вăл ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе парти туса пыракан ĕçсен уйрăлми пайĕ пулать. Ку вăл çав тери пысăк вырăнта тăрать тата çитес икĕ çул хушшинче çĕршывра çĕрулмипе пахча çимĕç нумайран та нумай туса илмелли майсене кăтартса парать.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çакна палăртаççĕ: КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решение пурнăçласа пырса, юлашки икĕ çул хушшинче колхозсем çĕрулмипе пахча çимĕç лартса тăвакан çĕр лаптăкĕсене пысăклатрĕç, çак культурăсене нумайрах туса илме тата ытларах хатĕрлеме пуçларĕç. Сăмахран, 1954 тата 1955 çулсенче колхозсенче çĕрулми акакан çĕр лаптăкне 300 пин гектар ытла ӳстернĕ. Пахча çимĕç акакан çĕр лаптăкĕ те ӳснĕ. Çавна пула çĕршыв обязательнăй йĕркепе тата закуп йĕркипе çĕрулмипе пахча çимĕç 1953 çулхинчен ытларах илсе тăрать.

Çапла пулсан та, çĕрулмипе пахча çимĕç туса илесси тата вĕсене хатĕрлесси пачах çителĕксĕр пулса пырать, вăл халăхăн тата çĕрулмипе пахча çимĕçрен тĕрлĕ продуктсем тăвакан промышленноçăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерейместь.

Çакă вăл чылай облаçсенче, крайсенче, республикăсенче парти организацийĕсем, совет тата ялхуçалăх органĕсем çĕрулмипе пахча çимĕç хуçалăхне аталантарас ĕçе начар ертсе пынинчен килет. Чылай колхозсемпе совхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес агротехника кая юлнă, вĕсене лартмалли, акмалли сроксене вăраха тăсаççĕ, рет хушшисене вăхăтра кăпкалатмаççĕ, çĕрулмипе пахча çимĕçе вăхăтра пухса кĕртмеççĕ. Çĕрулми вăрлăхĕ туса илес ĕç япăхса кайнă. Машина-трактор станцийĕсем пур пек техникăпа çителĕклĕ усă курмаççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ палăртнă тăрăх, çĕрулмипе пахча çимĕç çителĕксĕр туса илнин сăлтавĕсенчен пĕри вăл колхозсемпе колхозниксене ку тĕлĕшпе экономика енчен çителĕклĕ хавхалантарманни пулса тăрать. Хальхи хатĕрлев хакĕсемпе сутăн илмелли хаксем çĕрулмипе пахча çимĕç ытларах туса илме тата хатĕрлеме хавхалантармаççĕ. Колхозсем çак культурăсенчен тупăш сахал илеççĕ.

Партипе правительство çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе çĕнĕрен чылай мероприятисем туса ирттерме йышăнчĕç. Вĕсем СССР Ялхуçалăх министерствисене, Совхозсен министерствине, Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине, çавăн пекех вырăнти партипе совет органĕсене 1956 çултах çĕрулмипе пахча çимĕç ытларах туса илес, çак продуктсене хатĕрлемелли тата сутăн илмелли государство планĕсене пĕтĕмĕшпех тултарас тĕлĕшпе мĕн кирлине пурне те тума хушрĕç.

Çак задачăна ăнăçлă татса парас тесен, пысăк тухăçлă çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессишĕн халех ĕнтĕ хĕрсе ĕçлемелле. КПСС Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ çĕрулми вăрлăхĕн фончĕсене хывас, çĕрулмипе пахча çимĕç культурисем валли удобренисем хатĕрлесе, вĕсене уй-хире кăларас, ялхуçалăх машинисене хăвăртрах юсаса çитерес, çĕрулмипе пахча çимĕç культурисене тăвакан тĕмĕн тата тăваткал майпа лартма, акма кадрсем вĕрентсе хатĕрлес ĕçсене уйрăмах тимлĕн туса пыма хушаççĕ. Колхозсемпе совхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес ĕçри обезличкăна пĕтерни, çак культурăсене бригадăсемпе звеносене çирĕплетсе пани пысăк вырăнта тăрать.

Партипе правительство колхозсемпе колхозниксене çĕрулмипе пахча çимĕç ытларах туса илме экономика енĕпе хавхалантарас тĕлĕшпе палăртнă мероприятисене ялхуçалăх работникĕсем пысăк хавхаланупа кĕтсе илеççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çĕрулми хатĕрлемелли тата сутăн илмелли хаксене 1956 çултан пуçласа чылай ӳстерме йышăнчĕç. Сăмахран, çĕршыври нумай районсем тăрăх каярах пулакан пĕр тонна çĕрулмин хатĕрлев хакне 330 тенкĕ, сутăн илмелли хакне—530 тенкĕ, ир пулакан пĕр тонна çĕрулмин хатĕрлев хакне, çĕрулмипе хăçан панине кура, 400 тенкĕрен пуçласа 750 тенкĕ таран тунă.

Колхозсенчен, колхозниксемпе уйрăм граждансен хуçалăхĕсенчен илекен пахча çимĕçĕн хатĕрлев хакĕпе сутăн илмелли хакĕ 70 процента яхăн ӳсет. Постановленире колхозсемпе колхозниксене çĕрулмипе пахча çимĕç хуçалăхне аталантарма тупăш енĕпе ытларах хавхалантаракан ытти паха мерăсене те кăтартса панă.

Нимĕн ӳстермесĕрех çапла калама пулать: Совет государствин çак экономикăлла мероприятийĕсем çĕршывра çĕрулмипе пахча çимĕç нумайран та нумай туса илес тĕлĕшпе калама çук пысăк вырăн йышăнĕç. Малалла ĕнтĕ çĕрулми пысăк тупăш паракан культурăсенчен пĕри пулса тăрать. Ăна ытларах туса илни колхозсен обществăлла хуçалăхне çирĕплетме, колхозниксен пурнăçне малалла лайăхлатма пулăшать. Пĕр гектăр çĕрулми колхоза укçан темиçе пин тенкĕ тупăш пама пултарать. Çапла вара çĕрулмипе пахча çимĕç çакнашкал пысăк тухăçлă культурăсемпе — йĕтĕнпе, кантăрпа тата ытти хăшпĕр культурăсемпе—пĕр рете тăрать.

Ялхуçалăхĕнче малта пыракансем çĕршыври нумай тĕрлĕ зонăсенче çĕрулмипе пахча çимĕç тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем тăваççĕ. Белоруссири совхозри звеньевая Екатерина Ганжа хăйĕн звенипе иртнĕ çул кашни гектар çинче 428 центнер çĕрулми туса илнĕ, кăçал вăл гектар пуçне 500 центнертан кая мар тухăç илме сăмах панă.

Украинăри паллă колхозницăсем Марта Саввична Худолийпе Дарья Ильинична Пелагеча çулсерен кашни гектар çинче 400—500 центнер çĕрулми туса илеççĕ. Пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе Сумы облаçĕнче Иван Федорович Таракан бригади чаплă çитĕнӳ тунă. Çак бригадăри колхозниксем купăста кашни гектартан 850 центнер, помидор 530 центнер пухса кĕртнĕ.

Мускав облаçĕнче Агафья Ермаковăпа Екатерина Аисиевич звеньевойсем çултан-çул пысăк тухăçлă çĕрулми пухса илеççĕ. Çĕпĕрте те чаплă мастерсем нумай. КПСС XX-мĕш съезчĕн делегачĕ Кемерово облаçĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри звеньевая Любовь Иванова 1954 çулта кашни гектар çинче 353 центнер çĕрулми туса илнĕ.

Фактсем çапла. Вĕсем колхозсемпе совхозсен çĕрулмипе пахча çимĕç тухăçлăхне ӳстерме чăннипех иксĕлми майсем пуррине кăтартса параççĕ. Малта пыракансен опычĕпе ĕçре усă курни—акă мĕн кирлĕ халĕ çĕрулмипе пахча çимĕç тухăçлăхне ӳстерме.

Парти организацийĕсен КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ «Çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тата хатĕрлессине ӳстересси çинчен» йышăннă постановление колхозниксен йышлă массисене ăнлантарса памалла. Çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес ĕçе юратса, пĕлсе тата ответлăха ăнланса организацилесен, вĕсем кашни колхоза мĕн пама пултарнине конкретлă тĕслĕхсемпе кăтартса пани паха.

Пичетлекен документ пĕлтерĕшĕ çинчен ăнлантарса панипе пĕрлех, парти организацийĕсен мĕнпур колхозниксене çуракине лайăх хатĕрленме çĕклемелле. Халĕ кашни кун хаклă. Сăмах кашни колхозра вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлесси çинчен, хĕллехи вăхăтра удобренисене уй-хире массăллăн кăларас ĕçе организацилесси çинчен пырать. Чи кирли вăл—çынсене хатĕрлесси, пысăк тухăçлă çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессишĕн районсен, колхозсен, бригадăсен, звеносен социализмла ăмăртăвне ертсе пырасси.

**«КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла шутлаççĕ, — тенĕ паян пичетлекен документра, — çак постановленире палăртнă ĕçсене пурнăçлани вăл çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тĕпренех лайăхлатма кирлĕ условисене пурне те туса хурать тата çак культурăсене туса илес тĕлĕшпе юлса пынине пĕтерме май парать.**

**КПСС Центральнăй Комитечĕ тата СССР Министрĕсен Совечĕ союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсене, парти крайкомĕсемпе обкомĕсене, республикăсен Министрсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене çапла тума хушаççĕ: çак постановление колхозниксене, МТС-семпе совхозсенчи рабочисене тĕплĕн ăнлантарса памалла, халăха тата промышленноçа питех те кирлĕ çĕрулмипе пахча çимĕçе çитес икĕ çул хушшинче нумайран та нумай туса илес тесе, колхозсенче, МТС-семпе совхозсенче ĕçе лайăх организацилемелле.**

Ялхуçалăхĕнчи работниксем партипе правительство кăларса тăратнă çак ответлă задачăна чыслăн пурнăçа кĕртес тесе пĕтĕм вăйне хурса ĕçлĕç.

(«ПРАВДА» хаçатăн февралĕн 2-мĕшĕнчи умотатьи).

## „Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн

### «СТОЛОВĂЙРА ЙĔРКЕ ÇУК»

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленсе тухнă «Столовăйра йĕрке çук» статьяра çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса панă, тесе пĕлтерчĕ Етĕрне райпотребсоюзĕ.

Статьяна Етĕрне горпо правленийĕн анлă ларăвĕнче сӳтсе явнă. Хăйĕн ĕçне йĕркеллĕ туса пыманшăн столовăй заведующине Васильева ĕçрен хăтарнă.

Халĕ Етĕрнери спирт завочĕн территорийĕнчи столовăй работникĕсем ĕç культурине нумай ӳстерчĕç тата апатланма пыракансен ыйтăвĕсене вăхăтра тивĕçтерме тăрăшаççĕ.

### *Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх*

Елчĕк районĕнчи Кавал ялĕнчи магазинра ĕçлекен продавец К. Е. Теллин суту-илӳ йĕркисене пăсни, краççын сутнă чухне кайман таварсем хушса пани тата ĕç вăхăтĕнче магазин час-часах хупă тăни çинчен çыру килнĕччĕ. Тĕрĕсленĕ хыççăн çак материала алпо правленийĕн ларăвĕнче тата суту-илӳ работникĕсен производствăлла канашлăвĕнче сӳтсе явнă, çитменлĕхсене пĕтерме мерăсем йышăннă. Теллин продавеца ответлăха туйса ĕçлеменшĕн тата суту-илӳ йĕркисене час-часах пăснăшăн хытă асăрхаттарнă, тесе пĕлтерчĕ Елчĕк райпотребсоюзĕ.

# Кукуруза акма лайăх хатĕрленер!

*„Пысăк тухăçлă культура пулса тăракан кукурузăна нумайрах акса тума тытăнмалла, 1960 çулта колхозсемпе совхозсенче кукуруза акакан лаптăк 28 миллион гектартан кая мар пулмалла".*

(Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнчен).

## Кукуруза—пысăк тухăçлă культура

Пирĕн колхоз иртнĕ çул 45 гектар çине кукуруза акса турĕ. Вăтамран кашни гектар пуçне 405 центнер симĕс масса туса илтĕмĕр.

Колхозра кукуруза туса илес тĕлĕшпе ĕçлекен ултă звено организациленĕ. Кукурузăна лайăх çĕрсем çине акрăмăр. Унччен çав участоксем çинче çĕрулми тата кантăр акнă пулнă.

Акнă хыççăн 8—9 кунтанах кукуруза калчисем пĕр тикĕс шăтса тухрĕç. Куракссенчен хуралла шанчăкăн колхозниксене уйăрнă. Вĕсем тăрăшнипе кураксем кукурузăна сиенлеме пултараймарĕç.

Кукуруза çемçе çĕре юратать. Шăтса тухсан темиçе кунтанах эпир ăна икĕ хутчен тислĕк шыввипе шăварнă, темиçе хутчен çумкурăкĕсенчен тасатнă тата икĕ хутчен катмаксемпе çемçетсе тухнă. Каярахпа ытлашши туратланса каясран икĕ хутчен çулçисене сайралатнă.

Пур участоксем çинче те кукуруза 2,5—3 метра çити ÿсрĕ. Сентябрĕн 7-мĕшĕнче вара ăна пуçтарса кĕртме тытăннă та, тепĕр эрнерен пĕтĕмпех силоса хывнă. 15 гектар çинчи кукурузăна комбайнпа пухса кĕртнĕ. Кукурузăран 824 тонна лайăх паха силос хывса хăвартăмăр.

Уйрăм участоксемпе звеносем тата тухăçлăрах кукуруза туса илчĕç. Çапла, виççĕмĕш уй-хир бригадинчи А. Михайлова юлташ звени 7 гектар çинчен вăтамран 485-шер центнер, тăваттăмĕш бригадăри А. Степанова юлташ звени 450-шар центнер симĕс масса пухса кĕртрĕç. Ку звеносем калчасене ытларах апатлантарнă, 3—4 хутчен тислĕк шĕвекĕпе шăварнă.

Кукуруза лайăх культура пулнине пирĕн колхозниксем аван ăнланчĕç. Кукуруза силосне выльăхсем юратса çиеççĕ. Ĕнесем сĕт самаях хушрĕç. Çулла кукуруза çулса çитернĕ вăхăтра пур ĕнесем те сĕт ытларах пачĕç. Çапла, 1954 çулти август уйăхĕнче кашни ĕнерен вăтам шутпа 161,5 килограмм сĕт суса илнĕ пулсан, 1955 çулти çав уйăхра, кукуруза çулса çитернĕ май, 245-шер килограмм сĕт суса илтĕмĕр. Малтанхи çулхипе танлаштарсан, пĕр уйăх хушшинчех 3.250 килограмм сĕт ытларах суса илнĕ.

Октябрĕн 28-мĕшĕнче эпир ĕнесене кукуруза силосĕ пама пуçларăмăр. Малтанхи вăхăтра кашни ĕнене кунне 20-шер килограмм силос çитертĕмĕр, халĕ сăвакан ĕнесене 16-шар килограмм силос паратпăр. Унсăр пуçне сăвакан ĕнесене икĕ килограмм концентрат, çителĕклĕ таран утă-улăм паратпăр. Кăçал çанталăк сивĕ тăрать пулин те, кукуруза силосне çинĕ май, ĕнесем иртнĕ çулхинчен чылай ытларах сĕт параççĕ. Çапла, 1955 çулхи октябрьпе ноябрь тата декабрь уйăхĕсенче вăтамран кашни ĕнерен, 1954 çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, сĕт ытларах суса илнĕ. Ноябрь уйăхĕнче кăна малтанхи çулхинчен икĕ хут ытларах сĕт суса илнĕ. Уйрăм ĕнесем кукуруза силосĕ çиме пуçланăранпа сĕт икĕ хут ытларах параççĕ.

Кукуруза выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хумалли тĕп культура пулса тăнине шута илсе, кăçал ăна 125 гектар çинче акса тума шутлатпăр. Çав шутран 30 гектарне симĕсле çулса çитерме акатпăр. Иртнĕ çулхи опыта асра тытса, кукурузăна лайăхрах участоксем çине акма палăртрăмăр. Сăмахран, 50 гектарне çĕртме уйне, 45 гектарне иртнĕ çулта кукуруза туса илнĕ участоксем çине акатпăр. Звеносене кĕркунех çĕр лаптăкĕсем уйăрса панă. Çав лаптăксем çине çак кунсенче юр тытнă тата 1.200 тонна тислĕк кăларнă. Кукуруза акмалли кашни гектар çине 12 тонна тислĕк кăларатпăр. Кунсăр пуçне кукуруза акнă чухне шăтăксене хума тата калчасене апатлантарма 20 тоннăран кая мар минераллă удобренисем хатĕрлетпĕр. Ку таранччен вунпĕр тонна суперфосфатпа кали тăварĕ кÿрсе килтĕмĕр. Кăçал эпир кашни гектартан 500 центнертан кая мар кукурузăн симĕс массине тата 30 центнертан кая мар ăвăс пек хытса çитнĕ пуçне туса илме палăртрăмăр.

Çакна та каламалла: иртнĕ çулта кукуруза пуçтарса кĕртнĕ вăхăтра пирĕн хăшпĕр йывăрлăхсем пулчĕç. МТС-ăн комбайнсем çителĕксĕр тата юсавсăр пулнă пирки, чылай участоксем çинчи кукурузăна алăпа вырмалла пулчĕ. Çавна май ăна силосорезкăпа тураса вăхăт чылай иртрĕ. Çак çитменлĕх ан пултăр тесен, кăçал МТС дирекцийĕн кукуруза вырса пуçтармалли тата силос тумалли машинăсене малтанах тĕплĕн юсаса хатĕрлемелле.

Малашлăх план тăрăх кăçалхи ялхуçалăх çулĕнче пирĕн колхозăн кашни ĕнерен вăтам шутпа иртнĕ çулхинчен 410 килограмм ытларах сĕт суса илмелле. Сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне сысна ашĕ туса илессине 2,2 центнер ÿстермелле. Кукуруза ытларах акса, ăна тухăçлăрах туса илнипе эпир çак пысăк задачăна чыслăн пурнăçлама пултаратпăр.

**Н. МИХАЙЛОВ.**
Шăхасан районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ.

## Кукуруза мĕн парать

250-300
ЦЕНТНЕР ÇУЛСА ИЛСЕН
ВĂЛ ПАРАТЬ:
СĔТ
6000 кг.
50
ГЕКТАР ÇИНЧЕН
300 пин кг

## Кăçал 250 гектар акатпăр

**В. МАКАРОВ.**
Чкаловски районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ.

Пирĕн колхоз 1955 çулта 100 гектар кукуруза акса турĕ. Кукуруза малтанхи çулах тухăçлă пулчĕ: унăн симĕс масси кашни гектартан 607-шер центнер, пуçĕ—132 центнер тухрĕ.

Артелĕн малашлăх планне колхозниксем пухăвĕнче сÿтсе явса çирĕплетнĕ чухне кукуруза пирки иккĕленекенсем те пулнăччĕ.

— Ÿсме ĕлкĕрĕ-ши, çĕре сая ямăпăр-ши? — каласкалатчĕç хăшпĕр колхозниксем.

Правленипе парторганизаци çак ыйтупа актив пухăвне ирттерчĕç. КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн решенийĕсем çинчен агитаторсем бригадăсенче ăнлантарса пачĕç. Колхозри комсомолецсемпе çамрăксем кукуруза туса илес тĕлĕшпе ĕçлеме 5 звено организацилерĕç. Звеносене 18—20 çынтан тунă.

Кукуруза акма эпир майăн 11-мĕшĕнче тухрăмăр. Ăна малта тăракан агротехника вĕрентнĕ пек, пĕтĕмпех тăваткал тĕмĕн акса хăвартăмăр. Акмалли лаптăка пĕр енчелле тракторпа, тепĕр енчелле лашапа йĕр туса тухрăмăр. Тăваткалсен урлăшĕ те, тăршшĕ те 70-шер сантиметр пулчĕ.

Пирĕн тăрăхра хура тăпра. Вăл çĕрти нÿрĕке нумай хушă тытать. Çавăнпа кукурузăна эпир инструкцисенче вĕрентнĕ пек 10—12 сантиметр тарăнăшне мар, унтан ăшăхрах лартрăмăр. Трактор сеялкипе акнин тарăнăшĕ 5 сантиметр, алăпа лартнин тарăнăшĕ 6—8 сантиметр пулчĕ. Акас умĕн кукуруза вăрлăхне гексахлоранпа чÿхенĕ. Кашни шăтăка 2-шер килограмм çĕрнĕ тислĕк хурса хăвартăмăр.

Икĕ кун хушшинче 27 гектар çинче кукурузăна алăпа лартса хăвартăмăр. Ытти 73 гектар çинчи кукурузăна трактор сеялкипе акрăмăр. Саламатова юлташ трактористка нормăпа 7 гектар вырăнне кунсерен 15 гектар таран акрĕ, 73 гектар лаптăка 5 кун хушшинче акса пĕтерчĕ.

Кукуруза, ытти нумай культурăсем пекех, хăйне лайăх пăхса ÿстернине юратать. Эпир ретсем хушшине виçĕ хутчен культиваци турăмăр, тăватă хутчен çумкурăксенчен тасатрăмăр. Калчасем тавра шĕнчи çĕре катмаксемпе кăпкалатрăмăр. Калчасене çĕрнĕ тислĕкпе апатлантартăмăр, тислĕк шывĕпе шăвартăмăр. Вĕсем хăвăрт ÿсрĕç. Сăнаса тăнă тăрăх, август уйăхĕнче кукуруза калчисем кашни талăкра 12—16 сантиметр таран ÿссе пычĕç.

Колхоз правленийĕпе бригадирсем кукуруза пусеинчи ĕçсене çапла йĕркелерĕç. Колхозниксен ĕçри ответлăхне ÿстерес тĕллевпе звенори çынсене 0,15-шер гектар уйăрса патăмăр. Кашни колхозник хăйĕн лаптăкĕнчи калчисене лайăх пăхса ÿстерме тăрăшрĕ. Уйрăмах Вера Иванова, Елена Степанова, Анастасия Княжева, Мария Мефодьева колхозницăсем ырми-канми ĕçленине палăртмалла.

Кукуруза акса тумалли агротехника кăтартăвĕсем тăрăх, кашни тĕмрех икшер ÿсентăран пулмалла. Тракторпа акнă лаптăксем çинче 6—8-шар калча шăтса тухрĕ. Ăна сайралатмалли вăхăт çитрĕ, анчах МТС специалисчĕсем пирĕн пата пырса курмарĕç. Агрономпа пирĕн хушăра пĕр тĕмре миçе туна хăварассиçĕ пирки тавлашу пычĕ. Ялхуçалăх наукисен кандидачĕ И. Афанасьев юлташ колхозра пулнă хыççăн çеç çав тавлашăва татса патăмăр.

Пирĕн хирсенче кукуруза ăнса пулчĕ. 3—3,5 çÿлĕш ÿснĕ тунасем вăрман пек кашласа ларатчĕç. Колхозниксем умне ăна вăхăтра пухса кĕртсе силоса хывас задача тухса тăчĕ. Çавна малтанах шута илсе, пурĕ 800 тонна кĕмеллĕх шăтăксем чаврăмăр, вĕсен стенисене йывăçпа тата кирпĕчпе çирĕплетрĕмĕр. Ку енĕпе И. Петров коммунист ертсе пынипе А. Селиванов, В. Туктанов, С. Краснов, А. Егоров, Е. Иванов тата Н. Селиванов колхозниксем тăрăшса ĕçлерĕç.

Кукурузăна пухса кĕртсе силослассиçăмăл ĕç мар. Çакна асра тытса, эпир кукуруза пухса кĕртиччен ытти ялхуçалăх ĕçĕсене пĕтĕмпех вĕçлерĕмĕр. 816 гектар çинчи тырпула кĕске вăхăтра пухса кĕртрĕмĕр, сентябрь уйăхĕччен государствăна тырă парса татрăмăр. Çакăн хыççăн колхозниксем кукуруза пухса кĕртме тытăнчĕç. Ĕçе тĕрĕс йĕркелени кукурузăна кĕске вăхăтра пухса кĕртме тата силослама май пачĕ.

40 гектар çинчи кукурузăна çулса ĕнесене çитертĕмĕр, ыттинчен силос хыврăмăр. Колхозăн планпа 465 тонна силос хывмалла пулнă, эпир кукуруза симĕс массинчен 775 тонна, пуçĕсенчен 25 тонна силос хывса хăвартăмăр. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли хатĕрленĕ мĕнпур апатăн 33 проценчĕ кукуруза силосĕ шутланать.

Кукуруза акса тума тытăнни, унăн тухăçлăхне ÿстерни пире выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, унăн тупăшне ÿстерес ĕçре пысăк пулăшу тума май парать. 1954 çулта кашни ĕнерен 905 литр сĕт суса илнĕ пулсан, 1955 çулта 1.335 литр суса илнĕ. Кукуруза силосне ĕнесем симĕс клевертан, викăпа люцерна утинчен юратарах çиеççĕ.

Колхозра сыснасем самăртас ĕç те вăйланчĕ. Çĕнĕ çул тĕлне 110 сысна самăртса патăмăр, халĕ татах 57 пуç самăртма хупнă. Чăхсен рационне те силос кĕртрĕмĕр, вĕтетсе панă кукуруза силосне вĕсем те юратса çиеççĕ.

Кукуруза пирĕн колхоза выльăх апачĕн çирĕп никĕсне хывса хăварма май пачĕ. Артель выльăх апачĕ çитменнипе çуллен пулакан йывăрлăхран кăçал ăнăçлă тухрĕ. Çакна шута илсе, 1956 çулта кукуруза акса тăвакан лаптăка пĕлтĕрхинчен 2,5 хут ÿстеретпĕр—250 гектара çитеретпĕр. Вăл шутран 50 гектарне çĕртме пуссинче симĕс конвейер валли акатпăр. Кукурузăна çĕртме пуссисĕр пуçне, утă сахал паракан çеремлĕ çĕрсене пăсса акатпăр.

Кăçал та, пĕлтĕрхи пекех, çак паха культурăна уй-хир бригадисем пурте акса тăваççĕ. Тырпул тата выльăх апачĕ акса тумалли пусă çаврăнăшĕсенче кашни бригадăна кукуруза валли 50-шар гектар лайăх çĕр уйăрса панă. Вăл лаптăксем çинче иртнĕ кĕркунне 28—30 сантиметр тарăнăш кĕрхи çĕртме туса хăварнă. Сухалас умĕн çĕре тислĕк тăкса çемçетнĕ. Висĕ хутчен юр тытнă май, кукуруза пуссинче халĕ юр сийĕ пĕр метртан та хулăнрах.

Паллă ĕнтĕ, кукуруза, ытти нумай культурăсем пекех, çĕре тислĕкпе çемçетнине юратать. Эпир унăн пуссисенче кашни гектар пуçне 20 тоннăран кая мар тислĕк тăкатпăр. Халĕ ĕнтĕ çакăн валли 400 тонна тислĕк хатĕрленĕ. Кунсăр пуçне кукуруза лартакан шăтăксене хума 100 тонна минераллă удобрени туяннă.

Артель членĕсем, иртнĕ çулхи опыта шута илсе, кăçал кашни гектартан 700 центнертан кая мар симĕс масса, 130 центнертан кая мар кукуруза пуçĕ туса илме сăмах пачĕç. И. Краснов агроном ертсе пынипе колхозниксем кукуруза туса илмелли агротехникăна вĕренеççĕ. Агроном колхозниксене çĕршывра малта пыракан колхозсен опычĕпе паллаштарать. Ял ĕçченĕсем уйрăмах Курск облаçĕнчи Калиновка колхозĕ пĕр çул хушшинче тунă ÿсĕмсемпе интересленеççĕ, вĕсем пек ĕçлеме вĕренеççĕ. Çав вăхăтрах вĕсем кукуруза хамăр колхоза мĕнле усă панине ăнланса илеççĕ. Пĕлтĕр кукуруза туса илсе силос хывма кашни гектар пуçне 113 ĕçкунĕ тăкакланă. Пĕр ĕçкунĕ пуçне кукуруза 404 апат единици пачĕ. Çав вăхăтрах сĕлĕ паракан апат единици 128 çеç шутланать. Çапла вара, кукуруза апачĕн хăйне ларакан хакĕ сĕлĕрен тăватă хута яхăн йÿнĕ.

Çак цифрăсем хăйсемех кукуруза мĕн тери тупăшлă культура пулса тăни çинчен калаççĕ. Колхоз кăçал кашни гектартан 17-шер центнер тĕштырă туса илме палăртнă. Кукуруза пуçĕсене тырпул çине куçарса шутласан, тĕштырăсен тухăçне эпир кăçалах 21 центнера е 1960 çул тĕлне палăртнă шая çитеретпĕр.

## Агротехникăна тĕрĕс пурнăçлар!

**Р. ОСАНОВ.**
Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕн заместителĕ.

Кукуруза акса тăвасси — пирĕн колхозсемшĕн çĕнĕ ĕç. Апла пулин те республикăра сахал мар колхозсем пĕлтĕр пысăк тухăçлă кукуруза пухса кĕртрĕç, обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çĕршер тонна паха силос хывса хăварчĕç.

Советски районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхозра кукурузăна кĕллĕ тăпраллă çĕр çинче акса тунă. Кашни гектартан кунта 405 центнер симĕс масса туса илнĕ. Красноармейски районĕнчи «Герой» колхоз гектартан 420-шер центнер симĕс масса пухса кĕртнĕ. Элĕк районĕнчи «Сталинград», Октябрьски районĕнчи «Знамя» ялхуçалăх артелĕсенче те кукуруза тухăçлăхĕ пысăк пулнă. Улатăр районĕнчи «Красный луч», «Победа», «Путь Ильича», «Свободный труд» колхозсенче, кашни гектартан 300—400-шер центнер симĕс масса туса илнисĕр пуçне, ăвăс пек хытса çитнĕ кукуруза пуçĕсенчен те чылай силос хывнă.

1955 çулта республикăри колхозсенче пысăк тухăçлă кукуруза çитĕнтерни çинчен калакан тĕслĕхсем татах нумай. Вĕсем пирĕн республикăра, çуллахи вăхăтра çанталăк ăшă тăман çулсенче те, тухăçлă кукуруза ÿстерме май пуррине кăтартса параççĕ.

Анчах республикăри чылай колхозсенче иртнĕ çул мĕншĕн кукуруза тухăçлă туса илеймерĕç е мĕншĕн-ха хăшпĕр çĕрте вăл пачах та пĕтсе ларчĕ? Акă, Сĕмĕрле районĕнчи 12 колхозра 136 гектар çинчен, Октябрьски районĕнчи 25 колхозра 656 гектар çинчен, Шупашкар районĕнчи 9 колхозра 268 гектар çинчен кукуруза симĕс массине пĕр центнер те пухса кĕртеймен.

Çăн та, иртнĕ çул çанталăк начар тăни кукурузăна ÿсме нумай кансĕрлерĕ. Сăмах май каласан, пĕлтĕрхи пек сивĕ çу 64 çул каялла çеç пулнă. Анчах ку пурпĕрех тĕп сăлтав пулса тăмасть.

Кукуруза тухăçсăр пулни пуринчен ытла хăшпĕр колхоз руководителĕсем çак ĕç çине сÿрĕк пăхнинчен килнĕ. Кукуруза акма лайăх çĕрсем уйăрман, вăл çĕрсене удобренисемпе пуянлатман. Çанталăк условийĕсене шута илсе, кукуруза калчисене пăхассине лайăх йĕркелемен. Малта пыракан колхозсен паха опычĕпе усă курман.

Кукуруза акма хатĕрлесси — паянхи ĕç. Иртнĕ çулта чылай çĕрте кукуруза акма лаптăксем йăнăш суйласа илнĕ. Кукуруза лайăх çĕрсене юратнине манмалла мар, ăна акма нÿрĕ нумай тытакан, кăпка тăпраллă лаптăксем уйăрмалла. Извеçлесе лайăхлатман ытлашши йÿçек тăпраллă çĕрсем кукуруза акма юрăхсăр.

Пирĕн республикăри çĕрсенчен 70 процентне кĕллĕ тăпраллă çĕрсем йышăнаççĕ. Çак çĕрсене тарăн сухаласа кăпкалатсан, вырăнти тата минераллă удобренисемпе çителĕклĕ таран пуянлатсан, вĕсем кукуруза акса тума лайăх çĕрсемех пулса тăраççĕ.

Кукуруза акма уйăрнă лаптăксем çине кашни гектар пуçне 20—30 тоннăран кая мар торфпа тислĕк кăларса çемçетмелле. Участока кĕрхи çĕртме сухи тăвас умĕн тислĕк тăкман пулсан, суркунне кашни гектар çине 20—25 тонна лайăх çĕрнĕ тислĕк кăлармалла, 14—15 сантиметр тарăнăш сухаламалла. Акас умĕн культиваци тунă чухне фосфорлă тата азотлă удобренисем сапмалла, ретсем хушшине кăпкалатнă вăхăтра калчасене апатлантармалла. Суркунне акас умĕн культиваци тунă чухне кашни гектар пуçне 2—4 тонна çĕрнĕ тислĕк е торф компосчĕ, 1,5—2 центнер суперфосфат, 1 центнер аммиак селитри сапса хăвармалла. Йÿçек тăпраллă çĕрсем çинче çакăн çумне тата 3—5 центнер известь хумалла.

Кукурузăна алăпа лартнă чухне кашни шăтăка 300—400 грамм çĕрнĕ тислĕк е органо-минеральнăй хутăш хурса хăвармалла. Кĕллĕ тăпраллă çĕрсем çинче уйрăмах шăтăксене тислĕк хумасăр кукуруза лартма юрамасть.

Калчасем лайăх тата тикĕс шăтса тухчăр, патвар ÿсчĕр тесен, вăрлăх пахалăхĕшĕн уйрăмах тăрăшмалла. Кашни колхозрах кондицие çитернĕ паха вăрлăх хатĕрлени кирлĕ.

Иртнĕ çулта кашни шăтăка 4—5 вăрă хурса хăварнă. Нумай çĕрте вăрлăх çителĕксĕр пулнă пирки çак нормăна чакарса 3—4 вăрă кăна акнă. Çапла вара кукуруза сайра шăтнă. Кăçал выльăх апачĕ валли кашни шăтăка 4—5 пĕрчĕ мар, 6—7-шер пĕрчĕ лартмалла, çапла туни кашни тĕмĕрех çителĕклĕ чухлĕ калча ÿстерме май парать.

Калчасем хăвăрт та тикĕс шăтассси акнă срокран, тăпрари температурăран, вăрлăха мĕн тарăнăшне лартса хăварнинчен, çĕре мĕнле кăпкалатса çемçетнинчен нумай килет.

Кукуруза акмалли срока календарь тăрăх палăртма питĕ хĕн. Пирĕн условисенче кукуруза акмалли чи лайăх вăхăт—тăпран вăрлăх хурса хăвармалли тарăнăшĕнче 10—12 градус таран ăшăнса çитсен пулать. Пĕлтĕрхи опыт кăтартса панă тăрăх, вăрлăха тарăн хурса хăварни сиен кăна кÿрет. Кукуруза вăрлăхне 4—5 сантиметр тарăнăшне лартнă вырăнсенче вăл пысăк тухăçлă пулнă. Паллах, эпир вăрлăха пур çĕрте те пĕр тарăнăш акмалла тесе каласшăн мар. Мĕн тарăнăш акмаллине кашни колхоз условийĕнче тăпра çуркунне мĕнле типсе пынине кура палăртмалла.

Кукуруза калчисем хăвăртрах шăтса тухчăр тесен, çĕре лайăх сухаласа кăпкалатни кирлĕ. Хура тăпраллă мар çĕрсен çиелти сийĕ çумăр çунă хыççăн хытса каять. Çавăнпа çумăр çуса хытарнă çĕре кукуруза калчисем шăтса тухиччен те, шăтса тухнă хыççăн та çийĕнчех сÿрелемелле. Çапла туни çумкурăксене пĕтерме те, тăпрари нÿрĕке сыхлама та пулăшать.

Калчасене пăхса ÿстерни тухăçлă кукуруза туса илес ĕçре тĕп вырăн йышăнать. Ретсем хушшине урлă тата хĕреслĕ май культиваци туса тăмалла. Сăмахран, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра ретсем хушшине культиваторсемпе пĕрремĕш хут 10—12 сантиметр тарăнăш, иккĕмĕш хут 12—15 сантиметр тарăнăш, виççĕмĕш хут 15—17 сантиметр тарăнăш кăпкалатса тухнă. Пĕрремĕш культивацие калчасем 3—4 çулçăна ларсан туса ирттернĕ.

Нÿрĕ çитмен хăйăрлă çĕрсем çинче иккĕмĕшпе виççĕмĕш культиваци тарăнăшне ăшăхлатмалла, тăмлă йывăр тăпраллă çĕрсем çинче, уйрăмах çумăрлă çанталăк тăнă чухне, тарăнлатса пымалла.

1955 çулта кукуруза калчисене проволочник хурт нумай пĕтерчĕ. Проволочникпе кĕрешес ĕçре вăрлăха гексахлоранпа тусанлантарни те пысăк усах параймарĕ. Кăçал кукурузăна проволочник сиенлемен лаптăксем çине акмалла. Кашни тăваткал метр çинче 10—15 проволочник личинки пулсан, кунашкал çĕр çине кукуруза акма юрамасть.

Кăçал пирĕн республикăри колхозсенче кукуруза акмалли лаптăка 80 пин гектара çитермелле. Ку вăл—пысăк задача. Кукуруза акма кашни колхозрах лайăх хатĕрленер!

## Иртнĕ çулхи йăнăшсене шута илетпĕр

МУРКАШ. «Красное Сормово» колхоз 1955 çулта малтанхи хут 161 гектар çине кукуруза акрĕ. Вăл шутран 71 гектар çинчи кукурузăна выльăхсене симĕсле çулса çитертĕмĕр, 90 гектар çинчен силос хыврăмăр. Силослăх акнă участокран кашни гектар пуçне вăтам шутпа 53-шер центнер симĕс масса тухрĕ.

Кукуруза тухăçлăхĕ мĕншĕн çав тери пĕчĕккĕ пулчĕ? Тĕп сăлтавĕ вăл — агротехника кăтартăвĕсене çирĕп пăхăнса ĕçлеменнинче, кукурузăна янăх пăхса ÿстерниче. Çакна эпир хамăр ĕçрен те лайăх куратпăр. Д. Волков ертсе пыракан 2-мĕш уй-хир бригади 10 гектар çинчен вăтам шутпа кашни гектартан 200-шер центнер кукуруза çулса кĕртнĕ. Ытти бригадăсем те çакăн пек тăрăшса ĕçленĕ пулсан, колхоз пĕтĕмпе 1.800 тонна кукуруза силосĕ хывма пултаратчĕ.

Иккĕмĕш бригадăра кукуруза акса тăвас тĕлĕшпе икĕ звено тунă. Вĕсене М. Анисимовăпа Н. Архипова колхозницăсем ертсе пычĕç. Кукурузăна тăваткал тĕмĕн акнă. Вăрлăх хунă хыççăн шăтăка кĕл хуташтарнă çĕрĕк тăпри сапнă. Кукуруза калчи шăтса тухнă вăхăтра тĕмĕсем хушшисене çумкурăксенчен тасатнă, алăпа кăпкалатнă. Кайран «У-2» трактор культиваторĕпе ретсем хушшине урлă тата тăрăхла май чĕрсе тухнă. Çакăн хыççăн кукуруза калчисене алăпа тÿрлетсе тухнă, йĕри-тавра купаланă, пĕрчĕлетнĕ суперфосфатпа апатлантарнă. Кукурузăна кураксенчен лайăх сыхланă. Ытти бригадăсенче вара иккеленсе ĕçлерĕç. Кукурузăшăн çине тăрса кĕрешни пулмарĕ.

Иртнĕ çулта кукуруза акса тăвас ĕçре тунă йăнăшсенчен акă мĕн куратпăр. Чи малтанах, кукуруза пуласси не кашни колхозник çирĕп ĕненсе тăни кирлĕ. Иккĕмĕшĕнчен, кукуруза агротехникине вырăнти условисене тĕплĕн шута илсе тĕрĕс пурнăçламалла.

Артель членĕсем, партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, кăçал кукурузăн симĕс массине кашни гектартан 300 центнертан кая мар туса илме сăмах пачĕç. Эпир, иртнĕ çулхи йăнăшсене тĕплĕн шута илсе, кукуруза акма чи лайăх çĕр участокĕсем уйăртăмăр. Халĕ çав участоксем çине тислĕк кăларатпăр. Колхозниксем кукуруза агротехникине вĕренеççĕ.

**А. КАЛИНИН.**

## Кукуруза акмалли участоксем çине—çĕрнĕ тислĕк

ТĂВАЙ. «Красная Чувашия» колхоз кăçал 240 гектар çине кукуруза акма палăртать. Ун валли чи лайăх лаптăксене уйăрса хунă. Халĕ унта лайăх çĕрнĕ тислĕк кăлараççĕ. Тислĕке фермăсенчен кăна мар, колхозниксен килкартисенчен те турттараççĕ. Çак кунсенче уя торф кăларма тытăнчĕç.

Артель правленийĕ кашни бригадăна уя туслĕк кăларас тата минераллă удобренисем кÿрес енĕпе уйрăм заданисем панă. Бригада тислĕк кăлармалли задание 150 процент таранччен тултарать пулсан, бригадире тата тислĕк хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен колхозниксене 10 процент чухлĕ ĕçкунĕ хушса тÿлеççĕ. Тислĕк хатĕрлемелли заданине 150 процентран ирттерсе тултаракансене 20 процент ĕçкунĕ хушса параççĕ. Артельте кашни колхозник хире 2-шер тоннăран кая мар тислĕк кăларса пама обязательство йышăннă.

Бригадăсем уя тислĕк кăлармалли задание ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ. П. Кузьмин юлташ ертсе пыракан бригада, сăмахран, кашни кунах уя 30—40 тонна тислĕк турттарать.

КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕпе паллашнă хыççăн, колхозниксен ĕçри хастарлăхĕ татах ÿсрĕ. Съезд уçăлнă кун тĕлне вĕсем уя 5.000 тоннăран кая мар тислĕк кăларма тăрăшаççĕ. Колхозниксем хăйсен килĕсенчен паянхи куна 200 тонна ытла тислĕк кăларчĕç.

**Г. МАТВЕЕВ.**
**Г. НИКИФОРОВ.**

### КАНАДА ЮТ ÇĔРШЫВ ĔÇĔСЕН МИНИСТРĔ ПИРСОН ТУХСА КАЛАНИ

ОТТАВА, февралĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Енер общинăсен палатинче тулашри политика ыйтăвĕсем тăрăх прениссем пуçланнă. Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Пирсон Канада правительствин тулашри политики çинчен заявлени турĕ. Корейăпа Индо-Китайри вăрçăсене чарса лартнă хыççăн пулса тăнă çĕнĕ лару-тăрăва, «Пекин правительствин» юлашки вăхăтра пурнăçласа пыракан политикăна шута илсе, Канада правительстви Китай Халăх Республикин правительствине законлă правительство тесе йышăнасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухрĕ, тенĕ вăл.

«Пекинри коммунистсем ертсе пыракан правительствăна Китай правительстви тесе йышăнма ниçхан та май пулас çук тесе хăшпĕрисем шутланине эпир килĕшместпĕр», терĕ Пирсон.

Пирсон çапла каланă: «Континентри Китая коммунистсем контроллесе тăраççĕ. Çак факта пирĕн йышăнас пулать... Пирĕн хамăр политикăпа Континентри влаçа каллех Чан Кай-шин националистла правительстви хăй аллине илĕ текен шухăш майлă йĕркелесе пымалла мар. Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче Чан Кай-шин правительстви Китай çĕршывĕн представителĕ вырăнĕнче шутланса тăрать, çак организаци ытти членĕсен кăмăлне пăлсе тăма май паракан вето правине усă курать. Çакăн пек лару-тăру йĕркеллĕ марри усçăнрах та усçăнрах палăрать. Эпĕ çапла шутлатăп: Китайăн çыран патĕнчи утравĕсемшĕн пыракан кĕрешĕве националистла правительство майлă пулса хутшăнма пирĕн нимĕнле обязательство та илмелле мар».

Малалла Пирсон хăй Совет Союзне килсе кайни çинчен тĕплĕн каласа панă. Вăл хăйне вырăс халăхĕ хапăл туса, ырă кăмăлпа йышăннине палăртнă. Вырăс халăхĕ, тенĕ Пирсон, хăйĕн государствин çитĕнĕвĕсемпе савăнать, миршĕн чун-чĕререн тăрăшать. «Эпĕ унтан тухса килнĕ хыççăн манăн ăсăмра çакăн пек çирĕп шухăш юлчĕ: Совет Союзĕ пысăк хăватлă та питĕ вăйлă государство, унăн коллективлă вăй-хăват тата коллективлă пуянлăх пур».

Çавăнпа пĕр вăхăтрах Пирсон Совет Союзĕ çинчен элеклĕ сăмахсем те каланă, Совет Союзĕн тулашри политикин тĕллевĕсене пăсса кăтартма, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем «мире хӳтĕлекен» государство пулса тăнă пек кăтартма хăтланнă.

### МОНГОЛИ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИН НЕФТЬ ПРОМЫШЛЕННОÇĔ

УЛАН-БАТОР, февралĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвелтухăç Гобирн нефть промышленноçĕ аталанса пырать. Унта нефть кăларас, нефтьрен тĕрлĕ продуктсем тăвас ĕçре Совет Союзĕнчен илнĕ лайăх техникăпа усă кураççĕ.

Пилĕк çул каялла çара пушхир пулнă вырăнта халĕ хурçă вышкăсем нумай. Нумаях пулмасть нефть кăлармалли 800 метр тарăнăш çĕнĕ скважина тунă. Нефть промыселĕпе юнашар нефтьрен тĕрлĕ продуктсем тăвакан завод ĕçлет.

Промысел ӳссе сарăлса пырать. Унти вĕренӳ комбиначĕ квалификациллĕ кадрсем хатĕрлет. Çак комбинатран иртнĕ çул кăна тĕрлĕ професиллĕ 250 рабочи вĕренсе тухнă. Çав çынсем нумаях пулмасть вылăх-чĕрлĕх ĕрчетнĕ çĕрте ĕçленĕскерсем пулнă.

Промысел çывăхĕнче çĕнĕ хула—Дзун-Баин хули ӳссе ларнă. Хулара — анлă урамсемпе площадьсем, чул çуртсем. Нефтяниксен хваттерĕсене электричество, водопровод кĕртнĕ, канализаци пур. Хулара шкулсем, магазинсем, больница, клуб тата çавнашкал ытти учрежденисем ĕçлеççĕ.

### ЮГОСЛАВИРЕ ЮР НУМАЙ ÇУНĂ

БЕЛГРАД, февралĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). ТАНЮГ агентстви çапла пĕлтерет:

Югославире юр хӳсе тултарнă пирки нумай çулсем çинче, уйрăмах Серби тăвĕсем çинчи, çавăн пекех Боснипе Герцеговинăри çулсем çинче транспорт çӳреме чарăннă. Хăшпĕр вырăнсенче метр çурă тарăнăш юр выртать. Герцеговинăра вăйлă сил-тăмансем çулсене тасатма чăрмантараççĕ. Ливно хулипе ытти вырăнсем хушшинчи çыхăну татăлнă, мĕншĕн тесен ытти хуласене каякан çулсем çине юр тулнă.

### ИОРДАНИ ПАРЛАМЕНТĔНЧЕ

КАИР, февралĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Иордани парламентĕнче премьер-министр Самир эр-Рифаи правительствăн тулашри политики çинчен тунă заявление сӳтсе явнă. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, депутатсем Багдадра тунă пакта сивлесе каланă, арабсен çĕршывĕсене харпăр хăй халăхĕсен интересĕсене хӳтĕлемешĕн пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлеме чĕннĕ. Эр-Рифаи каланă тăрăх, вăл ертсе пыракан правительство политики «Иорданипе Багдадра тунă пакт çумне пĕрлештерес тĕллев лартмасть». Вăл çапла каланине депутатсем кăмăллăн йышăннă, правительствăн тулашри политикине ырланă.

Парламент правительствăна шанние палăртнă. Правительствăна шанса тăрасси çинчен парламентра пулнă 40 депутатран 35 депутат сасăланă.

### СИНГАПУРТИ ЗАБАСТОВКА ВĔÇЛЕННĔ

ЛОНДОН, февралĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви корреспонденчĕ Сингапуртан пĕлтернĕ тăрăх, енер унта Англин тинĕс-çар базинче ĕçлекен 9 пин рабочин 16 куна пынă забастовки вĕçленнĕ. Çак забастовкăна рабочисем администрацин тĕрĕс мар ĕçĕсене хирĕç протест тăвас шутпа пуçланă, хăйсен требованийĕсене йышăнтарнă.

## Польшăри ĕççыннисем пилĕк çуллăх планĕн пĕрремĕш çулĕнчи заданисене срокчен пурнăçлассишĕн ăмăртаççĕ

ВАРШАВА, февралĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Польша Халăх Республикинчи промышленноçть предприятийĕсенче пилĕк çуллăх планăн пĕрремĕш çулĕнчи государство заданийĕсене пĕтĕмпех тата иртерсе пурнăçлассишĕн ăмăрту вăйланса пырать. Çĕнĕ пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш уйăхĕнче ĕççыннисем чылай пысăк çитĕнӳсем турĕ. Çĕр кăмрăк промышленноçĕ январьти производство планне иртерсе тултарнă. Польша горнякĕсем пĕр уйăх хушшинче заданирен иртерсе 12,5 пин тонна çĕр кăмрăкĕ кăларнă.

Польшăри металлурги заводĕсем те январь уйăхĕнчи производство планне иртерсе тултарни çинчен пĕлтереççĕ. Çак уйăхра Польша металлургĕсем халăх хуçалăхне планран иртерсе 10 пин тонна яхăн чугун, 16 пин тонна яхăн хурçă шăратса панă. Çĕнĕ Гута хулинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан комбинатри горнякĕсем ăмăртура чылай пысăк çитĕнӳсем турĕ. Вĕсем планран иртерсе 5,5 пин тонна чугун шăратса кăларнă. Ченстоховри Болеслав Берут ячĕпе тăракан комбинатри металлургсем заданирен иртерсе 2 пин тонна яхăн чугун шăратса хатĕрленĕ.

Польшăри хими промышленноçĕн работникĕсем январьти плана 102,7 процент тултарнă.

Пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнчи заданисене срокчен пурнăçлассишĕн пыракан ăмăртура машинăсем тăвакан тата пир-авăр тĕртекенсем пысăк çитĕнӳсем тунă.

## Китайри социализмла улшăнусем

ПЕКИН, февралĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС). «Женьминьжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Китай Халăх Республикинчи 64 хулара — Пекинра, Шанхайра, Тяньцзиньре, Мукденра, Чунчинра, Уханьре, Кантонра тата ытти хуласенче—промышленноçпа суту-илӳре социализмла улшăнусем тăвас ĕç вĕçленнĕ. Çак хуласенчи уйрăм çынсен промышленноçть предприятийĕсемпе магазинĕсенчен государствăпа уйрăм хуçасем пĕрле тытакан предприятисем туса хунă, алăстисем производство кооперативĕсене пĕрлешнĕ.

Китайри ялхуçалăхне социализмла урăхлатса çĕнетес ĕçре те пысăк çитĕнӳсем пур. Сычуань провинцийĕнче, Шаньдун, Цзянсу, Шэньси, Хэнань, Гуанси, Хэйлунцзян провинцийĕсемпе ытти провинцисенче хресчен хуçалăхĕсене пĕрлештерсе кооперативсем тăвас ĕç, тĕпрен илсен, вĕçленнĕ. Çуркунехи уй-хир ĕçĕсем пуçланиччен Юньнань провинцийĕнче, автономилле Синьцзян-Уйгур районĕнче тата республикăн ытти чылай районĕсенчи хресчен хуçалăхĕсене кооперацилесе çитереççĕ.

Китай хресченĕсем хушшинче пĕтĕмпех социализмла йĕркеллĕ пысăк кооперативсем тăвассишĕн пуçланнă юхăм сарăлса пырать. Хэбэй тата Ляонин провинцийĕсенчи мĕнпур хресченсем, Шаньси провинцийĕнчи хресчен хуçалăхĕсен 38 процентĕ, Аньхуэй провинцийĕнчи хуçалăхсен 30 проценчĕ çавăн пек пысăк кооперативсене кĕнĕ.

## Хĕвеланăç Германире СССР посольствине хирĕç пуçласа янă кампани

БОНН, февралĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Юлашки вăхăтра Хĕвеланăç Германири хаçатсенче Совет Союзĕн посольстви çинчен, çавăн пекех Совет Союзĕн Федеральнăй Германи Республикинчи посолĕ çинчен элек саракан хыпарсем пичетлесе кăларма тытăннă. Çавнашкал хыпарсене юриех суйса сарни усçăнах курăнать.

Совет посольствин ĕçĕсене пăсса кăтартма тăрăшса, Хĕвеланăç Германири хăшпĕр хаçатсем юриех шутласа кăларнă суя пĕлтерӳсем пичетлеççĕ. Çапла, сăмахран, нумай хаçатсенче çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе тухнă: Совет посольствин çурчĕ патĕнчен Федеральнăй Германи Республикин правительство учрежденийĕсем усă куракан телефон кабелĕ иртсе пырать, тенĕ. Çакна май çав кабель тăрăх мĕн каланине вăрттăн итлеме Совет посольствинче тĕрлĕ аппаратсем вырнаçтарса лартнă пек кăтартма, сĕмсĕрленсех суйма хăтланаççĕ. Кунта пуçран шухăшласа кăларнă элек çинчен çеç сăмах пыни Федеральнăй Германи Республикин почтăпа телеграф министерствин представителĕсем тунă заявленирен те курăнать. Вĕсем çапла каланă: хальхи вăхăтра Совет посольствин районĕнче правительство телефонĕн нимĕнле линийĕсем те çук.

Хăшпĕр хаçатсем пичетлесе кăларнă хыпарсенче каланă тăрăх, Совет посольствинче «икĕлентерекен çын» пур имĕш, вăл шофер вырăнĕнче шутланать иккен.

Çакнашкал элеклĕ хыпарсем сарас ĕçе кирек мĕнле хыпара та хапăл туса пичетлекен вырăнти вак-тĕвек хаçатсем кăна мар, Хĕвеланăç Германири паллă буржуалла чылай хаçатсем те хутшăнаççĕ. Хĕвеланăç Германи хаçачĕсем Совет посольствине хирĕç юриех кампани пуçласа янă пек туйăнать. Çакна вăл, сăмахран, Хĕвеланăç Германири «Гезамтдейче рундшау» хаçат тӳррĕнех кăтартса парать. Федеральнăй Германи Республикинчи буржуалла вăтам ушкăнсен представителĕсене пĕрлештерекен халăх партийĕн органĕ пулса тăракан çак хаçат нумаях пулмасть: «Юлашки вăхăтра Федеральнăй Республикăри хаçатсемпе журналсем Совет Союзĕпе тин кăна йĕркеленĕ дипломатилле хутшăнусем çинчен усал хыпарсем сарас задача лартни усçăнах курăнать», тесе çырчĕ.

Хĕвеланăç Германи общественноçĕ çакнашкал пропагандăпа кампание хирĕç протестлемесĕр тăма пултараймасть, мĕншĕн тесен вăл Федеральнăй Германи Республикипе Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусене кирлĕ пек йĕркелессине пысăк вырăн хурать.

Германири социал-демократсен партийĕн «Сосиал-демократишер прессединст» ятлă пресс-бюллетенĕ Хĕвеланăç Германири хаçатсем Совет Союзĕн посольствине хирĕç пуçарнă кампание хытă сивлекен статья пичетлесе кăларнă. Статьяра, сăмахран, çакна палăртнă: «Хальхи вăхăтра, Совет Союзĕн посолĕ Федеральнăй Республикăра ĕçлеме пуçланăранпа пĕр уйăх иртнĕ хыççăн, хăшпĕр нимĕç хаçачĕсем ăна хирĕç пуçласа янă кампанипе питĕ икĕлентерекен шухăшлаттарать, Мускавра канцлер хăех пулнă ĕçе çапса аркатма тăрăшаççĕ» тесе шутлама пулать».

## Англипе Америка хушшинчи калаçусем вĕçленнĕ

ВАШИНГТОН, февралĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Енер Вашингтонра Англипе США хушшинчи калаçусем вĕçленнĕ. Калаçусем хыççăн США президенчĕ Эйзенхауэрпа Англи премьер-министрĕ Иден пĕрле тунă заявлени тата «США президентĕпе Пĕрлешӳллĕ Королевство премьер-министрĕ пĕрле йышăннă декларацие» пичетлесе кăларнă.

Эйзенхауэрпа Иден пĕрле йышăннă декларацире каланă тăрăх, США-па Англи те килĕшсе тăракан «хăшпĕр чăнлăхсене» тĕллевсем» пур, декларации авторĕсем, тĕнче общественноçĕ умĕнче империализмла державăсен политикине тӳрре кăларас тесе, пĕтĕм вăйпа хурса тăрăшаççĕ.

Декларацире каланă тăрăх, иртнĕ вăхăтра колонисем тата çурма колонисем пулнă çĕршывсенчи наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешӳ çĕнтерĕвĕсене колонизаторсем пулăшнипе тунă имĕш. «Юлашки вунă çул хушшинче эпир пулăшнипе çирĕме яхăн çĕршывра 600 миллион ытла арçынсемпе хĕрарăмсем хăйсен государственноçне туса хучĕç», тесе çыраççĕ декларации авторĕсем.

США-па Англи «техника тĕлĕшпе пулăшса, Коломбо планĕ тата ытти программăсем тăрăх пулăшса, начартарах аталаннă çĕршывсен экономикине малалла яма» тăрăшаççĕ, тенĕ декларацире, Англипе США «хăйсен экономика с политика тĕллевĕсене хăвăрт ӳстерме тăрăшман» имĕш.

Вашингтонра йышăннă документсенче Совет Союзĕ тата пĕтĕм мирпе социализм лагерĕ çинчен аланхи пекех элеклесе каланă сăмахсем пур.

Декларации вĕçĕнче çапла каласа ĕнентерме тăрăшнă: США-па Англи «тĕрĕс те çирĕп мир тума, пур çĕршывсем те кĕпĕшлĕ хĕçпăшалсăрланмалла, хĕçпăшалсăрланнине тĕрĕслесе тăмалла тума», «атом энергийĕпе мирлĕ прогресс тăвас ĕçе усă курма» тăрăшаççĕ, тенĕ. Çакăнпа пĕр вăхăтрах декларацире империализм лагерĕн вăйне «сыхласа хăварма» кирли çинчен каланă.

Иккĕмĕш документра — пĕрле тунă заявленире — Эйзенхауэрпа Иден калаçăвĕсене «туслă та усăллă тĕлпулу» тесе хакланă.

Заявлени «Европа» ятлă пайĕнче унăн авторĕсем хăйсен Çурçĕр Атлантика договорĕшĕн, çавăн пекех Европари экономикăлла çыхăнусен организацийĕшĕн, çар енĕпе тата ытти ĕçсене пĕрле тунă США-па Англи ертсе пыракан организацисен тăнине çирĕплетсе параççĕ. Заявленире каланă тăрăх, США-па Англи Германие Атлантика ушкăнĕнче çĕнĕкен условисем тăрăх «пĕрлештерме» тăрăшаççĕ.

Вăтаçĕрти Хĕвелтухăç çинчен калакан пайра: «çак районта хĕвеланăçĕнчи тĕнчери хушшинче ăнсăртран тухса тăнă хăрушлăхсем пур, тенĕ. США-па Англи хăйсем «ку районти государствăсем хушшинчи вăйăрлăхсене йĕркелеме» тăрăшни çинчен пĕлтереççĕ.

Заявлени авторĕсем çапла каланă: Кăнтăр-Хĕвелтухăç Ази валли тунă çар договорне США-па Англи малалла ертсе «пулăшса пырĕç», «çак организацие пурне пĕрлешнĕ çĕршывсемпе тачă çыхăнса ĕçлĕç», тенĕ.

Инçет Хĕвелтухăç пирки Эйзенхауэрпа Иден çапла калаççĕ: США-па Англи политикин тĕллевĕ «вăй е сăтăрлă ĕç пулăшнипе тăвакан агрессилле экспансие чарса тăмă тата сирсе яма тăрăшасси пулать», теççĕ.

# Республикăри хуласемпе ялсенче

### Сĕт-çу ферминче ирттернĕ семинар

ИШЛЕЙ. Сталин ячĕпе тăракан колхоз ĕнесенчен сĕт суса илес ĕнĕпе районта малта пырать. Нумаях пулмасть çак колхозри сĕт-çу фермипче районти вылăх пăхаканăсен семинарĕ пулса иртрĕ. Семинарта пулнисем ĕнесене хĕллехи вăхăтра мĕнле пăхса усранипе паллашрĕç, малта пыракан доярккăсемпе калаçрĕç.

Семинарта Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕн заместителĕ П. Елкин юлташ ĕнесенчен хĕллехи вăхăтра сĕт ытларах суса илме паракан майсем çинчен лекци вуласа панă.

П. ТОРОНЕИ.

### Шефсем патĕнче

Шупашкарти 1-мĕш типографи коллективĕ Ишлей районĕнчи «Дружба» колхоза шефа илнĕренпе икĕ çул иртрĕ. Полиграфистсем колхозра библиотека организацилеме 700 кĕнеке пухса пачĕç, çуракине тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра агитацилле-массăлла ĕçсем организацилеме пулăшрĕç. Çĕрулми кăларнă вăхăтра рабочисем субботнике активлăн хутшăнчĕç. Шефсем çавăн пекех автомашина юсама та пулăшрĕç.

Çак кунсенче типографи работникĕсем колхоза çĕнĕ хаçатсем журналсем, библиотека валли кĕнекесем, политкультура вĕренекенĕсем валли—учебниксем илсе пычĕç. Шефсем колхозра икĕ кун пурăнчĕç. Вĕсем клуба тата сценăна илемлетме пулăшрĕç, лозунгсемпе плакатсем çырса çакрĕç. Кунпа пĕрлех вĕсем колхозниксен ĕçĕсемпе тĕплĕн паллашрĕç.

Ялхуçалăх артелĕ вăтăр пин шучĕпе ĕçлеме килнĕ В. Арзамасов юлташ ертсе пынипе çĕнĕ культура çуркине тĕплĕн хатĕрленме тăрăшать. Колхозри пуçламăш парторганизаци ялхуçалăх ĕçчĕсене вăйлă тырпулшăн кĕрешме хавхалантарса пырать.

А. ВЫГОВСКИЙ.

### Вĕренекенсен сăмахĕ

Тăвайĕнчи вăтам шкулта вĕренекенсем хăйсен пĕрлехи пухăвĕнче КПСС XX-мĕш съезчĕ СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕпе паллашрĕç. Тăван çĕршыв умĕнче тăракан пысăк задачăсене пурнăçлас ĕçе шкул ачисем те активлăн хутшăнма сăмах панă. Çавна май, вĕсем Горкин ячĕпе тăракан колхоза пулăшса, уй-хире 40 тонна тислĕк кăларма, 8—10-мĕш классенче вĕренекен кашни ача 70-шер, 5—7-мĕш классенче вĕренекенсем 50-шар, 1—4-мĕш классенче вĕренекенсем 20-шер килограмм кĕл тата 10-шар килограмм кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухса пама йышăнчĕç.

А. САРРИ.

### ШКУЛТИ ХУДОЖЕСТВĂЛЛА ПУЛТАРУЛĂХ

КАНАШ. Мăкăрти çичĕ çул вĕренмелли шкулта художествăлла пултарулăх кружокĕсем лайăх ĕçлеççĕ. Ку шкулта Тури Юнтапа тата Чакăç ял ачисем вĕренеççĕ, вĕсем те кружоксен ĕçне активлăн хутшăнаççĕ. Вĕренекенсем çак виçĕ ялта ашшĕ-амăшĕсен пухăвĕсенче кăçал концертсем ирттерчĕç. Нумаях пулмасть Мăкăр ялĕнче ашшĕ-амăшĕсен пухăвĕ хыççăн ачасем хорпа юрларĕ, нумайăшĕ сăвăсем каларĕ, ташларĕç. Итлесе ларакансем вĕсене кăмăллăн алă çупса мухтарĕç.

Н. ТИМОФЕЕВ.

### ВАСИЛЬЕВ ПИОНЕРĂН ПАРХАТАРЛĂ ĔÇĔ

КАЛИНИНО. Чăрăш Хирлепри шкулта вĕренекен Геннадий Васильев пионер, каçхине урампа пынă чухне, Тихон Фандеркин колхозник çуртĕнче çутă лаккăшинне асăрханă тата пĕчĕк ача макăрнине илтнĕ. Пӳртре тăхăр çулхи Вера кăна пулнă. Стена çине çакса хăварнă краççын ламппинчен стенана тата япаласене çулăм тивсе илнĕ. Пӳртре пушар тухма тытăннă. Васильев пионер, пӳрте чупса кĕрсе, çулăма утиялпа хупласа сӳнтернĕ.

Çапла вара Геннадий Васильев колхозник пӳртне çунасран тата пĕчĕк ачана çăлса хăварнă.

Вера ашшĕ-амăшĕ тата шкул директорĕ Васильева тав турĕç. ВЛКСМ райкомĕ ăна мухтав грамотипе наградăларĕ.

В. ВИКТОРОВ.

### ÇĔНĔ БИБЛИОТЕКА

Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн облаçри комитечĕ Шупашкарти «Росглаввино» эрех комбиначĕнче библиотека уçрĕ. Библиотека валли пин тенкĕлĕх кĕнеке туяннă, 10 тĕрлĕ хаçат, 8 тĕрлĕ журнал çырăнса панă. Вĕсемпе хулари апат-çимĕç предприятийĕсенче ĕçлекенсем усă кураççĕ. Çитес çывăх вăхăтра вырăнсене куçса çӳрекен библиотекăсем йĕркелесе ярăççĕ.

Кĕнеке илсе вулакансен шучĕ кĕскĕ вăхăт хушшинчех 200 çынна çитнĕ.

### ТĔНЧЕРИ ЛАРУ-ТĂРУ ÇИНЧЕН—ЛЕКЦИСЕМ

Çак кунсенче КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче тата Советсен çуртĕнче партипе совет активĕ валли, «Электрик» клубра — электроаппаратура заводри рабочисемпе служащисем тата инженерсемпе техниксем валли тĕнчери лару-тăру çинчен лекцисем пулчĕç. Лекцисене Пĕтĕм Союзри политикăлла тата наукăлла пĕлӳсем саракан обществăн действительнăй членĕ Ф. Н. Олещук юлташ вуларĕ.

## Тĕрĕ ăстисем

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкар районĕнчи Альгешри «Паха тĕрĕ» артельти тĕрĕçсем Х. А. Васильевăпа (сулахайри) Е. А. Арсентьева. Вĕсем кулленхи ĕç нормине 120—130 процент тултараççĕ.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

*Чăваш халăхĕн паха тĕррисемпе эрешлесе илемлетнĕ кавирĕсем, дорожкăсем, салфеткăсемпе алшăллисем... Алă ĕçне юратакан халăх хăйĕн кĕпе-тумтирне, килте тĕртсе тунă пир-авăртан çĕленĕ тĕрлĕ япаласене, мĕн авалтанпах илемлетме юратнă. Ку енĕпе ăста пулассипе амăшĕсенчен хĕрĕсене, хĕрĕсенчен малалла, хăйсен ачисене, куçса пынă. Тĕрĕсем йышлăланса, лайăхланса, хитреленсе пынă.*

*Альгешри «Паха тĕрĕ» артельти инструктор Матрена Гаврилова шăпах ĕнтĕ çавăн пек тĕрĕ ĕçне чун-чĕререн юратакан çын. Тĕрĕ ĕçне вăл хăйĕн амăшĕнчен вĕреннĕ. Килте çеç мар, уя вылăхсене çитерме тухсан та, вăрмана çырла татма кайсан та катан пирпе пурçăн çиппе аларан пăрахман. 1932 çулта, таврари тĕрĕ ăстисем «Паха тĕрĕ» артеле пĕрлешсен, 12 çулти Матрена унта ĕçлеме тытăннă. Хăй паха тĕрĕсем тунă хушăрах вăл хăйĕн тантăшĕсене ăсталăха вĕрентсе пырать. Вăхăт иртнĕ май Матрена Гаврилова хăйĕн вунă çулхи Людмилине те тĕрĕ ĕçне хăнăхтарать. Халĕ пĕчĕк хĕрача тĕрленĕ ал тутрисене, питшăллисене пăхатăн та, тĕлĕнсе каятăн. Людмила хăйĕн амăшĕ пекех ăста тĕрĕçĕ пулать.*

*Тĕрĕсене çĕнетсе, хитрелетсе пырас шутпа пĕлтĕр артельте ятарласа конкурс ирттернĕ. Ĕçчен хĕрсем кĕске хушăрах 11 йышши çĕнĕ тĕрĕ тума сĕннĕ. Çакă вăл туса кăларакан изделисен пахалăхне чылай лайăхлатма, вĕсен ассортиментне пуянлатма май панă.*

*Альгеш хĕрĕсем тĕрĕ ĕçĕпе паллă çынсем пулса тăчĕç. Акă, Матрена Гаврилова юлташах илер. Ăна Чăвашпромсовет пĕрремĕш степеньлĕ диплом панă. Халĕ вăл тĕрлекен цеха ертсе пырать. Ю. Скворцова иккĕмĕш степеньлĕ диплом, Р. Андреева, Ю. Кудряшова, Л. Александрова — виççĕмĕш степеньлĕ дипломсем илме тивĕçлĕ пулнă.*

*Кăçалхи производство планне тĕрĕ ăстисем 110 процент тултарма, 8 пин тенкĕлĕх чĕртавар перекетлеме обязательствăсем илнĕ. КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче халăха кулленх кирлĕ таварсем туса кăларассине нумай ӳстерме палăртнă. Çакă вăл артель коллективĕ умне те чыслă задача кăларса тăратать. Кунти ĕçчĕсемпе тĕрĕ ăстисем çĕнĕ пилĕкçуллăхра пысăк ӳсĕмсем тума ĕмĕтленеççĕ.*

*Çак кунсенче «Паха тĕрĕ» артельти тĕрĕ ăстисем питех те хисеплĕ заказ пурнăçлаççĕ. Вĕсем пĕтĕм тĕнчери ярмаркăсемпе выставкăсенче кăтартма тĕрлесе илемлетнĕ кавирсемпе дорожкăсем тата ытти изделисем, пĕтĕмпе 200 пин тенкĕлĕх, туса хатĕрлемелле.*

*...Кăçал Китай Халăх Республикин столицинче — Пекинра, Францире, Италире тата ытти нумай çĕрте пулакан ярмаркăсемпе выставкăсене курма пыракан çĕршер пин çынсем чăваш хĕрĕсен ăста аллисем тунă паха тĕрĕсене юратса пăхĕç, чăваш халăхĕн ăсталăхне ырласа калаçĕç... Çакă Альгешри тĕрĕ ăстисене хавхалантарать.*

## Шахмат енĕпе РСФСР-та мала тухмалли зонăри ăмăрту

Февралĕн 2-мĕшĕнче шахматистсем малтанхи турсенчен юлнă партисене выляса пĕтерчĕç. Гизатуллинпа Козлов, вылямасăрах, парти нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленни çинчен пĕлтерчĕç. Чăваш АССР представителĕсем Игумновпа Чугунов пурĕ те 4 хут çеç çӳрерĕç. Ытлашши пĕр пешка пур пулин те Чугунов выляса илеймерĕ. 44 хут çӳренĕ хыççăн вĕсен партийĕ те нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ.

Волошинпа Алешин тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварнă партире Волошинăн пĕр ытлашши пешка пурччĕ. Çак пешкăна ферзьна кăларса, вăл Алешина çĕнтерчĕ. Çавăн пекех, пĕр ытлашши пешка пурринпе усă курса, Козлов Стрекаловскирен выляса илчĕ.

Кубаревпа Петров малтанхи турсенчен пĕринче выляман партие вылярĕç. Кубарев, тĕрлĕ комбинацисем туса, çăмăл фигурăсене улăштарса тата пĕр ытлашши пешка выляса илчĕ. 34 хут çӳренĕ хыççăн Петровăн хăйĕн слонне те выляса ямалла пулчĕ. Çакăн хыççăн Кубарев выляса илчĕ.

Ултă тур пулнă тата малтанхи турсенчен юлнă партисене выляса пĕтернĕ хыççăн 4,5 очко выляса илсе, Горький хулин представителĕ Евгений Кубарев мала тухрĕ. Çак вăхăта илсен пĕр вăл кăна никама та выляса яман-ха. Чăваш АССР-ĕн представителĕ Владимир Никитин тата Архангельск облаçĕнчи машинăсем тăвакан завод конструкторĕ Михаил Алексеев тăваттшар очко пухнă. Алешин, Волошин, Козлов тата Сергиевский шахматистсем 3,5-шер очко выляса илнĕ.

Паян çиччĕмĕш тур пулать.

## РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧĂСЕМ

Вырăнти вăхăтпа

**Февралĕн 4-мĕшĕнче**

18.50—Петр Гаврилов çырнă «Луганецсем» ятлă повеçĕн сыпăкĕсем. 19.10—Тĕнчери лару-тăру çинчен статья. 19.25—Концерт. Граждан вăрçи çинчен хывнă юрăсем.

**Февралĕн 5-мĕшĕнче**

17.00—«Эрнери çĕнĕ хыпарсем». 17.20 — А. Гайдар çырнă «Барабанщик шăпи» ятлă повесть тăрăх йĕркеленĕ радиопостановка (иккĕмĕш передача).

**Февралĕн 6-мĕшĕнче**

8.20—«Кукурузăна йăвă акни тухăçлăха ӳстерме пулăшать-и?» ятлă калаçу. Калаçу авторĕ—ялхуçалăх наукисен докторĕ Л. А. Пельцих. 8.40—А. Токарев композиторăн юррисем. 18.50—Ачасен Атăл леш енчи санаторинчи художество пултарулăхĕн концерчĕ. 19.05—Агрозоотехникăна виçĕçуллăх курсра вĕренекенсене пулăшма «Тĕрĕс пуçă çаврăнăшĕсен никĕсĕ» ятлă лекци. 19.20—Ялхуçалăх работникĕсем ыйтнипе йĕркеленĕ концерт.

## Çанталăк

Шупашкарти Гидрометбюро пĕлтернĕ тăрăх, февралĕн 4—5-мĕшĕсенче пирĕн республика территорийĕнче улшăнса тăракан пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, вырăнĕ-вырăнĕпе кăштах юр çăвать, тĕтре пулать. Çурçĕр-хĕвелтухăçĕнчен вăйлă мар çил вĕрмелле. Сывлăшри температура çĕрле 32—37 градус, кăнтăрла—26—31 градус сивĕ пулмалла.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.



**Театр**

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ февралĕн 4-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Живой портрет», февралĕн 5-мĕшĕнче кăнтăрла чăвашла спектакль «Виçĕ туй», каçхине «Юрату вилĕмсĕр». Спектаклсем 12 тата 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

**Кино**

«РОДИНА». Февралĕн 4—5-мĕшĕсенче 10, 12, 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче илемлĕ фильм «Депутат Балтики», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче Венгрире кăларнă илемлĕ фильм «Особая примета» кăтартаççĕ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00624 Типографи № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37,000 экз.